ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 29
ЫТЛАРИКУН
№ 190 (9099)
36-мĕш çул тухать.
Хакĕ 20 пус.

**Вырăнсен шутне ÿстермелли тата вĕсен тухăçлăхне хăпартмалли плана ăнăçлă тултарассишĕн, вырăх-чĕрлĕхрен илекен пĕтĕм продукцин тата таварлă продукцин хисепне пур майсемпе те нумайлатассишĕн пыракан социализмла ăмăртăва анлăн сарар!**

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче

# Çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем çинчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çакна палăртаççĕ: аш-какай, çăм, сĕт, çăмарта, тир тата ытти выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ туса илес тĕлĕшпе ку таранччен тунă ÿсĕм çав продуктсем енчен халăхăн ÿсĕнĕ ыйтăвĕсене тивĕçтерейместь, çăмăл промышленность чĕртавар ыйтнине тивĕçтерейместь. Пĕтĕм халăх хуçалăхĕн интересĕсем выльăх-чĕрлĕх йышне малалла ÿстерме тата унăн тухăçлăхне чылай хăпартма хытă хушаççĕ.

Анчах та асăннă задачăна ăнăçлăн татса пама ялхуçалăхĕн çак питех те кирлĕ отраслĕнчи пысăк çитменлĕхсем чăрмантараççĕ.

Юлашки çулсенче выльăх-чĕрлĕх хисепĕ ытла та ерипен ÿсет, 1952 çулта вара майракаллă шултра выльăхсен пĕтĕм хисепĕ 2,2 миллион пуç чакнă. Уйрăмах ама выльăхсен йышне ÿстерес ĕç çителĕксĕр пырать. Ĕнесен хисепĕ вăрçăччен хи шая çитмен-ха, 1952 çулта вĕсен хисепĕ 550 пин пуç чакнă.

Колхозсемпе совхозсен майракаллă шултра выльăхсен кĕтĕвĕсенче ĕнесен удельнăй виçи пĕчĕк пулни сĕтĕн пĕтĕм продукцине ÿстерме тата обществăлла выльăх-чĕрлĕхĕн хисепне çамрăк выльăхсене пăхса çитĕнтернипе ÿстерме нумай чăрмантарать. Çавăн пекех кайăк-кĕшĕк ĕрчетес ĕç те çителĕксĕр аталанать.

Выльăхсем вилнĕ пирки колхозсем кашни çул пысăк сухатусем тÿсеççĕ тата ама выльăхсем хĕсĕр юлнă пирки чылай çамрăк выльăхсем илеймеççĕ. Государство выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк хисепне ÿстерме паракан плансене çултан-çул тултармаççĕ.

Выльăхсене начар тăрантарнă тата япăх пăхнă пирки выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ çав-çавах ытла та пĕчĕк-ха, çитменнине тата юлашки вăхăтра колхозсенче сĕт суса илесси, çăм касса илесси тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн ытти кăтартăвĕсем те чакнă.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарасси япăх пыни, чи малтанах, выльăх апачĕ туса илес ĕçпе ăна хатĕрлес ĕç юлса пыниннчен килет. Нумай колхозсенче курăк акса тăвасси начар аталаннă. Улăх-çарансенчи курăксемпе акса тăвакан курăксен тухăçлăхĕ ытла та пĕчĕккĕ. Выльăхсене çитермелли тымарçимĕçсем, выльăх апачĕ валли акакан бахча культурисем акса тăвас ĕç, çавăн пекех силос валли акакан чи хаклă та пысăк тухăçлă культурăсем пулса тăракан кукурузăпа хĕвелçаврăнăшне акса тăвас ĕç япăхса кайнă. Выльăхсене çитерме çĕрулми ытла та сахал лартса тăваççĕ. Çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсене лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсене япăх пурнăçлаççĕ.

Выльăхсене çитермелли пропашной культурăсене акса тăвас тата пухса кĕртес, утăпа улăма капана хывас, улăх-çарансене лайăхлатас ĕçсене, кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем патне шыв илсе пырас тата выльăх-чĕрлĕх фермисене шыв парса тăрас ĕçсене механизацилесси уйрăмах япăх пырать.

Выльăх апачĕ тумалли культурăсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнă пирки, çавăн пекех утă пухса кĕртес тата уйрăмах утта капана хывас, улăм пуçтарас тата улăмури тăвас ĕçсене начар механизациленĕ пирки утă-улăм тата сĕтеклĕ апат хатĕрлемелли плансем çÿлтан-çул тулмасăр юлаççĕ. Сĕлĕ, урпа, кукуруза тата ытти фураж культурисен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнă тата вĕсене акакан лаптăксем чакнă пирки колхозсенче выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕке çитерме тĕштырă сахал уйăрса параççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилес тĕлĕшпе чылай кая юлнă, çавна пула вунайă колхозсем выльăх-чĕрлĕх пăхса усранă çĕрте ĕçсене вăхăтра туса ирттермеççĕ, выльăхсене кирлĕ пек пăхмаççĕ.

Государствăна / обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли хисепе гектар тăрăх шутламалли принципа хатĕрлев ĕçĕнче пăсаççĕ. Малта пыракан, лайăх ĕçлекен, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстернĕ колхозсем валли государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли заданисе, ялан тенĕ пекех, юлса пыракан, начар ĕçлекен колхозсемпе танлаштарсан, чылай пысăкрах çирĕплетсе параççĕ.

Выльăх-чĕрлĕхпе кайăк-кĕшĕк валли кайăх сурт-йĕр çителĕксĕр пулманни те выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк чăрмав пулса тăрать. Нумай колхозсем выльăх-чĕрлĕх витисемпе силос хывмалли сооруженисем тăвас тĕлĕшпе хăйсене панă плансене тултармаççĕ. Колхозсене строительство материалĕсем тата уйрăмах йывăç, çурт витти, кирпĕч парса тăрас ĕçе япăх йĕркеленĕ. Выльăх-чĕрлĕх витисем тума строительство материалĕсем (йывăç, хăма, пăта, шифер тата ыттисем те) турттарса пырас тата колхозсене сутас тĕлĕшпе Центросоюз хăйĕн тивĕçне çителĕксĕр пурнăçлать, СССР Вăрман тата хут промышленность министерстви вара колхозсене сутма паха мар йывăç материалсем уйăрса парать. Вырăнти тата кооперации промышленносĕ енĕпе колхозсене кирпĕчпе черепица çителĕклĕ парса тăмаççĕ.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре юлашки çулсенче уйрăмах Казах ССР-ĕнчи, Киргиз ССР-ĕнчи, Калинин, Калуга, Кострома, Новгород, Вологда, Смоленск, Киров, Новосибирск тата Воронеж облаçĕсенчи колхозсемпе совхозсенче пысăк çитменлĕхсем пулнă. Вĕсенче, совет, парти тата ялхуçалăх органĕсем енчен хуçалăхăн çак питех те кирлĕ отраслĕне çителĕксĕр ертсе пынине пула, выльăх-чĕрлĕх хисепне ÿстермелли, унăн тухăçлăхне хăпартмалли государство планĕсем пурнăçланмаççĕ тата выльăхсем нумай вилсе пĕтеççĕ.

Аш-какай, çу, сĕт, çăмарта хатĕрлемелли хальхи хаксем колхозсемпе колхозниксене обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарас тĕлĕшпе кирлĕ чухлĕ хавхалантарман.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çак мĕнпур пысăк çитменлĕхсем СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата унăн вырăнти органĕсем ялхуçалăхĕн питех те кирлĕ çак отраслне аталантарас ĕçе çителĕксĕр ертсе пыниннчен те килнĕ. Машина-трактор станцийĕсем выльăх апачĕ туса илессине ÿстерме тата фермăсенчи ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилеме колхозсене кирлĕ пулăшу памаççĕ, вырăнти ялхуçалăх органĕсен тата зооветеринари учрежденийĕсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе ĕçлекен специалисчĕсем колхозсене выльăх-чĕрлĕх фермисенчи ĕçе организацилессине лайăхлатма çителĕксĕр пулăшаççĕ. Наука çитĕнĕвĕсене тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракансен опытне колхозсемпе совхозсен производствине пачах çителĕксĕр кĕртсе пыраççĕ.

Пысăк çитменлĕхсем пулнă пирки, колхозсенчен ытларахăшĕнче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç ялхуçалăхĕн тавар нумай паракан, пысăк тупăшлă отраслĕ пулса тăман-ха.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ çакна тĕрĕс мар тесе шутлаççĕ: совет, парти тата ялхуçалăх органĕсем нумайăшĕ колхозниксене хăйсен килĕнчи выльăхсем валли апат хатĕрлеме тата кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем уйăрса пама кирлĕ пек пулăшмаççĕ. Çаксем пурте, çавăн пекех тата колхозниксен харпăр хăйĕн хушма хуçалăхĕ тĕлĕшпе налог политикинче çитменлĕхсем пулни чылай облаçсенче, крайсемпе республикăсенче юлашки çулсенче колхозниксен продуктивлă выльăх-чĕрлĕх хисепĕ чакасси патне илсе пынă.

Совхозсенче те выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Нумай совхозсенче выльăх апачĕн çирĕп никĕсне туман, кĕтÿ çÿретмелли пысăк лаптăксемпе пĕтĕмĕшпех усă курмаççĕ, утă çителĕклĕ чухлĕ хатĕрлемеççĕ, сĕтеклĕ апатсем сахал туса илеççĕ, уйрăмах силос сахал хываççĕ, выльăх-чĕрлĕхе çитерме çĕрулми ытла та сахал лартса тăваççĕ, выльăхсене тăрантарма совхозсенче çĕрулмипе питех те сахал усă кураççĕ. Фураж культурисен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнă пирки совхозсенче выльăх апачĕн балансĕнче кÿрсе пыракан концентратлă апатсем çаплах пысăк вырăн йышăнаççĕ. Ĕçе япăх организациленине пула, нумай совхозсем выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли заданисене пурнăçламаççĕ, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ерипен ÿстерсе пыраççĕ, аш-какай, сĕт, çăм тата ытти выльăх-чĕрлĕх продукчĕсен хăйне ларакан хакне пысăклатса яраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ 1953 çулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче йышăннă постановлени тăрăх, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарасси тÿсме çук юлса пынине пĕтерес тата аш-какай, сĕт, çăм, çу, çăмарта тата ытти выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса илессине ÿстерес шутпа, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ **çапла йышăнать:**

## I.

### Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантармалли план çинчен

1. 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне выльăх-чĕрлĕх шутне çак хисепе çитермелле:

(Миллион пуçпа)

| | Пĕтĕм ялхуçалăхĕ енĕпе | вăл шутра: Колхозсенче | Государство хуçалăхĕсенче | Колхозниксен тата пĕччен хуçалăхсен аллинче тăракан выльăх |
|---|---|---|---|---|
| Ĕнесем | 29,2 | 11,5 | 1,6 | 16,0 |
| Майракаллă шултра выльăх хисепĕ пĕтĕмĕшпе | 65,9 | 35,0 | 4,8 | 25,7 |
| Сурăхсемпе качакасем | 144,4 | 104,0 | 13,1 | 26,9 |
| вăл шутра сурăхсем | 127,4 | 99,0 | 13,0 | 15,0 |
| Сысна амисем | — | 3,8 | — | — |
| Сыснасен хисепĕ пĕтĕмĕшпе | 34,5 | 21,6 | 4,3 | 8,5 |

Колхозсенчи кайăк-кĕшĕк фермисенче 1955 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне, уйрăм зонăсен уйрăмлăхĕсене шута илсе, пĕрчĕллĕ культурăсем акакан кашни 100 гектар пуçне 100—200 пуçран кая мар чăх тытма кирлĕ, тесе шутлас.

Çеçенхирлĕ районсенчи колхозсенче кăрккасен хисепне пур майсемпе те ÿстерсе пымалла, улăх-çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем тата кÿлĕсем пур колхозсенче, чăхсемсĕр пуçне, хурсемпе кăвакалсем ĕрчетмелле, вĕсене çăмартă тăвакан чăхсен хисепĕн асăннă нормине тултарнин шутне кĕртмелле, пĕр кăвакала икĕ чăхшăн тата пĕр кăркка е пĕр хура тăватă чăхшăн шутласа кĕртмелле.

Колхозсемпе совхозсен пĕвисенче пулă ĕрчетес ĕçе пур майсемпе те вăйлатса пымалла.

Колхозсенче выльăхсен тухăçлăхĕ çакăн чухлĕ пулмалла, тесе палăртас (1953 çулхи октябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа 1954 çулхи октябрĕн 1-мĕшне çитиччен): пĕр ĕне пуçне вăтам шутпа 1.400 килограмран кая мар сĕт суса илмелле; вĕтĕ çăмлă пĕр сурăх пуçне 4,7 килограмран кая мар, çурма вĕтĕ çăмлă сурăх пуçне 3,6 килограмран кая мар, çурма шултра çăмлă сурăх пуçне 3,1 килограмран кая мар тата шултра çăмлă сурăх пуçне 2,2 килограмран кая мар çăм касса илмелле; майракаллă шултра выльăхсене 4,8 миллион пуçран кая мар, сурăхсемпе качакасене 7 миллион пуçран кая мар тăрантарса самăртмалла тата сыснасене 7 миллион пуçран кая мар самăртмалла.

2. Колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме лайăхрах условисем туса хурас, пур пек выльăх апачĕсемпе тата выльăх витисемпе лайăхрах усă курас, çавăн пекех çуллахи вăхăтра лайăхрах çитерсе самăртнă хыççăн государствăна самăр выльăх памалла тата сутмалла тăвас шутпа çакăн пек йĕрке тăвас: выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе планламалли, выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстермелли заданисене пурнăçланине шута илессине, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстермелли тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантармалли ытти показательсене шута илессине кашни çулăн октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса ирттермелле.

3. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине тата СССР Совхозсен министерствине облаçсем, крайсем тата республикăсем валли, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене тата райисполкомсене—районсемпе колхозсем валли туса паракан хăйсен планĕсенче выльăхсен хисепне ÿстерме тата вĕсен тухăçлăхне хăпартма заданисем тĕрĕс палăртса памалла тума хушас. Заданисем палăртса панă чухне уйрăм районсен, колхозсен, совхозсен экономикăпа çутçанталăк условийĕсене, пĕр йышши выльăхсене ĕрчетме пулăшакан, анчах тепĕр йышши выльăхсене ĕрчетме пулăшман условисене пур енчен те шута илмелле.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене тата райисполкомсене çакăн пек право парас:

а) уйрăм районсемпе колхозсен условийĕсем тăрăх, пĕр-пĕр продуктивлă выльăхпа кайăк-кĕшĕке ĕрчетни хуçалăх тĕлĕшĕнчен усăллă мар çав районсемпе колхозсене ку выльăхпа кайăк-кĕшĕк хисепне ÿстерме заданисем памалла мар;

б) 1954—1955 çулсенчи плансенче çакăн пек чухне заданисем памалла мар:

колхозсем районĕпе сĕт суса илмелли вăтам виçерен 50 процент е ытларах сĕт суса илекен пулнă пулсан, анчах ĕне пуçне 2.500 килограмран кая мар сĕт суса илеççĕ пулсан тата вĕсенче колхоза çирĕплетсе панă кашни 100 гектар (сухаламалли, утă çулмалли, кĕтÿ çÿретмелли) çĕр пуçне иртнĕ хуçалăх çулĕнче 150 центнертан кая мар сĕт суса илнĕ пулсан,—ун пек колхозсене ĕнесен хисепне тата майракаллă шултра выльăхсен хисепне малалла ÿстерес тĕлĕшпе заданисем памалла мар;

колхозсем иртнĕ хуçалăх çулĕнче кашни 100 гектар сухаламалли çĕр пуçне чĕрĕ виçепе шутласан 12 центнертан кая мар сысна самăртса панă пулсан, вĕсене сысна амисемпе сыснасен пĕтĕмĕш хисепне малалла ÿстерме заданисем памалла мар.

Çапла шутлас: çакнашкал колхозсенче выльăхсен пахалăхне лайăхлатас, выльăхсен тухăçлăхне ÿстерес тата выльăх-чĕрлĕх продукцине ÿстерес ĕç çине уйрăмах тимлĕн пăхмалла.

4. Сĕтĕн пĕтĕм продукцине ÿстерес тата харпăр хăй хуçалăхĕнче ÿстерсе майракаллă шултра выльăхсен хисепне нумайлатмалла тăвас майпа колхозсенче ĕнесен хисепне хăвăртрах ÿстересси—вăраха ямасăр татса памалли задача пулать, тесе шутлас; çитес сывăх çулсенче майракаллă шултра выльăхсен фермисенче ĕнесен хисепĕн удельнăй виçи хула сывăхĕнчи районсенчи колхозсенче 60 процентран кая мар, ытти районсенчи колхозсенче 50 процентран кая мар тата Казахстанри, Вăтам Азири, Кавказ леш енчи, Çурçĕр Кавказри, Астрахань, Чкалов, Чита облаçĕсенчи, Бурят-Монгол АССР-ĕнчи тата Тува автономиллĕ облаçĕнчи çеçенхирлĕ, çурма пушхирлĕ тата сăрт-туллă районсенчи колхозсенче 40 процентран кая мар пулмалла тăвас.

Çакăн пек йĕрке тăвас: ĕнесен хисепне ÿстермелли плана тултарнă пулсан кăна майракаллă шултра выльăхсен хисепне ÿстермелли плана тултарнă, тесе шутлаççĕ.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, облисполкомсемпе крайисполкомсене, ĕнесен хисепне хăвăртрах ÿстермелле тăвас шутпа, районсене тата колхозсене пĕр çултан иртнĕ пăрусемпе пушмак пăрусем çитĕнтермелли заданисем пама хушас.

5. Уйрăм руководительсем хальхи вăхăтра механизаци вăйланса пынă май ялхуçалăхĕнче лаша хăйĕн пĕлтерĕшне çухатрĕ, тесе лаша выльăх ĕрчетес ĕç çине тĕрĕс мар пăхнине сивлес, мĕншĕн тесен, комплекслă майпа механизациленĕ чухне те нумай ялхуçалăх ĕçĕсене тата транспорт ĕçĕсене, çавăн пекех колхозниксен хăйсен ыйтăвĕсене тивĕçтермелли ĕçсене те чĕрĕ туртăм вăйĕпе туса пыни усăллăрах пулать.

Лаша выльăх ĕрчетес ĕçре лашасен пахалăхне лайăхлатасси тĕп задача пулса тăрать тесе шутласа, халăх хуçалăх планĕсенче облаçсене, крайсене тата республикăсене малашне лашасен хисепне ÿстермелли заданисем палăртса пани вырăнлă мар, тесе йышăнас.

Республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, облисполкомсемпе крайисполкомсене 1954 çултан пуçласа районсемпе колхозсене лашасен хисепне ÿстермелли заданисем колхозсене чĕрĕ туртăм вăйĕ кирлĕ пулнине шута илсе пама право парас.

СССР Совнаркомĕпе ВКП(б) Центральнăй Комитечĕ 1942 çулхи мартăн 11-мĕшĕнче йышăннă 327-мĕш номерлĕ постановленин лашасене бракламалли çинчен калакан 32-мĕш пунктне пăрахăçа кăларас тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине лашасене браклас тĕлĕшпе панă мĕнпур инструкцисемпе кăтартусене тепĕр хут пăхса тухма хушас.

6. 1954 çултан пуçласа халăх хуçалăхĕн планĕсенче облаçсене, крайсене тата республикăсене вăкăрсен хисепне ÿстерме уйрăм заданисем кăтартса памалла мар.

7. Инкубаторпа кайăк-кĕшĕк станцийĕсене çамрăк чĕпĕсем ĕрчетме тата вĕсене колхозсене сутма заданисем памалли хальхи йĕркене пăрахăçа кăларас. Çакăн пек йĕрке тăвас: республикăсен Министрĕсен Совечĕсем, облисполкомсем тата крайисполкомсем инкубаторпа кайăк-кĕшĕк станцийĕсенче çамрăк чĕпĕсем ĕрчетсе колхозсене сутмалли заданисене колхозсем панă заявкăсем тăрăх тата колхозниксене, рабочисене, служащисене çамрăк чĕпĕсем сутма кирлине шута илсе çирĕплететççĕ.

8. Хăшпĕр колхозсемпе совхозсем хĕл каçарма пĕтĕм выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ хатĕрлесе хуманнине, выльăхсен пĕр пайне начарлатса çитерние тата вĕлерсе пĕтерние шута илсе,—çакă вăл колхозсене, совхозсене тата государствăна пысăк сиен кÿрет,—СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене, парти обкомĕсемпе крайкомĕсене, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене, райисполкомсемпе парти райкомĕсене колхозсемпе совхозсенче хĕл каçарма хăваракан мĕнпур выльăх-чĕрлĕх валли апат тата витесем çителĕклĕ хатĕрлес тĕлĕшпе мерăсем йышăнма хушас.

Кашни çул сентябрь-октябрь уйăхĕсенче колхозсемпе совхозсем выльăхсене хĕл каçарма апат тата витесем хатĕрлесе çитернине тĕрĕслесе тухмалла, çĕнĕрен апат хатĕрлеме, çавăн пекех сутăн илме, витесене туса пĕтерме тата юсаса çитерме çĕнĕрен кирлĕ мерăсем йышăнмалла.

Çутçанталăкран килнĕ инкеке пула е ытти сăлтавсене пула колхозсемпе совхозсем выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлесе çитереймен пулсан, республикăсен Министрĕсен Совечĕсем, крайисполкомсемпе облисполкомсен решенийĕсем тăрăх, совхозсем енĕпе—СССР Совхозсен министерствин приказĕ тăрăх, выльăхсен пĕр пайне çитес çулхи обязательство шучĕпе государствăна пама ирĕк парас, анчах кунта çакна асра тытни кирлĕ: ама выльăхсене пĕтĕмпех сыхласа хăвармалла тата çитес çул вара çак выльăхсен хисепне пĕтĕмпех тултарса çитермелле. Çакăнпа пĕр вăхăтрах выльăхсем валли апат хатĕрлесе çитерменни мĕнле сăлтавран килнине палăртмалла, выльăх апачĕ хатĕрлемелли плана тултарманнишĕн айăплă работниксене ответ тыттарасси çинчен тăракан ыйтăва пăхса тухмалла; кун пек работниксем колхозсем енĕпе—колхоз председателĕ, МТС-сем ĕçлесе тăракан колхозсен ушкăнĕ енĕпе—МТС директорĕ, район енĕпе—райисполком председателĕ, совхоз енĕпе—совхоз директорĕ пулаççĕ.

9. Вырăнти совет, парти тата ялхуçалăх органĕсене, колхозсен руководителĕсене çапла тума хушас: вĕсен колхозниксене выльăх-чĕрлĕх тата кайăк-кĕшĕк туянма тата хăйсен харпăрлăхĕнче тăракан выльăх-чĕрлĕх валли ĕçкунĕсем тăрăх выльăх апачĕ валеçсе парса тата выльăхсене çÿретме кĕтÿ вырăнĕсем уйăрса парса пулăшмалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин инкубаторпа кайăк-кĕшĕк станцийĕсенчен колхозниксем, рабочисем тата служащисем валли çамрăк чĕпĕсем сутас ĕçе организацилемелле.

Вырăнти советпа ялхуçалăх органĕсене государство çĕр фончĕн йышăнмасăр выртакан çĕрĕсем çинче, государство вăрман фончĕн çĕрĕсем çинче, чугун çулсемпе шоссе çулĕсем хĕрринчи вырăнсем çинче, хуласен, рабочи поселокĕсемпе дачăллă вырăнсен çĕрĕсем çинче рабочисемпе служащисен выльăхĕсене çÿретме тата утă çулса илме вырăнсем уйăрса памалла.

Çакăн пек ирĕклĕ çĕрсем çителĕксĕр пулнă чухне колхозсене çапла тума сĕнес: вĕсен ялхуçалăх специалисчĕсене, учительсене, медицина работникĕсене тата колхоз членĕнче тăман, анчах колхоз производствинĕ пулăшса тăракан ытти работниксене те, колхозсемпе калаçса татăлнă тăрăх, укçалла колхозри кĕтÿ çÿретмелли вырăнпа усă курма ирĕк памалла. Çак тÿлев колхозсем кĕтÿ çÿретмелли тата выльăх шăвармалли вырăнсене тытса тăма кăларакан расходсене витме май памалла, анчах ĕне пуçне 150 тенкĕрен ытла пулмалла мар.

10. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, облисполкомсене тата крайисполкомсене колхозсемпе совхозсенчи выльăх-чĕрлĕхе тата колхозниксен, рабочисен, служащисен харпăрлăхĕнче тăракан выльăх-чĕрлĕхе ветеринари енĕпе пăхса тăрас ĕçе лайăхлатма тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшре профилактикăпа ветеринари ĕçне тата выльăхсене сыватас ĕçсене туса ирттерме хушас.

Хальхи вăхăтра ĕçлесе тăракан ветеринари учрежденийĕсемсĕр пуçне 1954 çулта хуласенче 60 ветеринари лечебници, рабочи поселоксенче 80 ветеринарипе фельдшер пункчĕ, районсене пулăшса тăракан 96 ветеринарипе бактериологи лабораторийĕ, аш пахалăхне тĕрĕслесе тăракан станцисем 246 тата дезинфекци отрячĕсем 275 уçмалла.

11. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене ветеринари учрежденийĕсем валли автомашинăсем, мотоциклсем, велосипедсем, лашасем, ут таврашĕсем, урапасем тата ытти транспорт оборудованийĕ туянмашкăн укçа уйăрса пама ирĕк парас; çав укçана пушарсем тухнине тата выльăхсем вилсе пĕтнине хирĕç кĕрешме государствăн обязательнăй окладной страхованийĕнчен уйăрса паракан 15 процент шучĕпе тÿлемелле.

12. СССР Госпланне тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине çапла тума хушас: 1954 çултан пуçласа, халăх хуçалăхне материалсемпе техника парса тăмалли плансенче государствăн обязательнăй окладной страхованийĕнчен уйăрса паракан 15 процент шучĕпе ветеринари лечебницисем, амбулаторисем, ветеринари учрежденийĕсем тата ытти суртсем туса лартма строительство материалĕсем уйăрса парассине палăртса хумалла.

## II.

### Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлесси çинчен

1. Колхозсем обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен тупăш ытларах илмелле пултăр тесе тата выльăх-чĕрлĕх шучĕпе унăн тухăçлăхне хăвăртрах ÿстерме кирлĕ условисем тăвас тесе, 1954 çултан пуçласа обязательнăй йĕркепе государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли гектар тăрăх шутланакан яланхи нормăсем тăвас.

ССР Союзĕнче обязательнăй поставкăн гектар тăрăх шутланакан яланхи вăтам нормисем çакăн чухлĕ пулмалла тăвас:

аш-какай (чĕрĕ виçепе)—гектартан 4 килограмм, çăм — гектартан 520 грамм, вак тирсем — колхозсене çирĕплетсе панă çĕр лаптăкĕн (сухалакан çĕрĕн, вăл шутра садсемпе пахчасен; çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсен) кашни 100 гектарĕ пуçне 4,2 штук; колхозсене çирĕплетсе панă çĕр шутне кĕтÿ çÿретме инçетри вырăнсенче уйăрса панă çĕр те кĕрет, кун пек çĕрсемшĕн обязательнăй йĕркепе аш-какай, çăм тата вак тирсем пĕчĕкрех нормăпа шутласа илмелле;

сĕт—гектартан 16 литр, пысăк тирсем—колхозсене çирĕплетсе панă çĕр лаптăкĕн (сухалакан çĕрĕн, вăл шутра садсемпе пахчасен; çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсен) кашни 100 гектарĕ пуçне 1,35 штук;

çăмарта — сухалакан çĕрĕн кашни гектарĕнчен 17 штук, сысна тирĕ — государствăна обязательнăй йĕркепе тĕштырă тата рис пама шута илнĕ сухалакан çĕрĕн кашни 100 гектарĕ пуçне 3,5 штук.

Обязательнăй йĕркепе государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли гектар тăрăх шутланакан нормăна çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракан колхозсенĕ пысăкрах задани пани—кун пек сиенлĕ практика пулмалла мар. Çакăн пек йĕрке тăвас: пĕр районта, ялан пекех, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли гектар тăрăх шутланакан пĕр норма пулмалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, союзлă республикăсен Министрĕсен Совечĕсемпе пĕрле, республикăсенче, крайсенче тата облаçсенче колхозсем обязательнăй йĕркепе государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли гектар тăрăх шутланакан нормăсене туса хатĕрлеме тата çирĕплетме СССР Министрĕсен Советне тăратма хушас.

2. Колхозсем государствăна обязательнăй поставка тăрăх брынза-сыр памалли йĕркене 1953 çултан пăрахăçа кăларас тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине государство валли сутăн илмелли хаксемпе брынза-сыр тата сурăх сĕчĕ сутăн илессине организацилеме хушас, çавăн пекех тата колхозсене, улăштармалли эквивалентсем тăрăх шутласа, обязательнăй поставкăпа сĕт панă чухне брынза-сыр тата сурăх сĕчĕ пама ирĕк парас.

3. Колхозсем иртнĕ çулсенче обязательнăй поставка тăрăх выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парса татманнипе 1953 çулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулса тăнă пĕтĕм парăмсене шыраса илмелле мар тăвас.

4. Обязательнăй поставка тăрăх государствăна паракан аш-какайшăн, сĕтшĕн тата çăмшăн çакăн пек вăтам хатĕрлев хакĕпе тÿлемелле тăвас:

(Малалли 2-мĕш страницăра).

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитетĕнче

# Çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем çинчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен

(Малалли).

а) аш-какай—вăтам ÿтлĕ мăйракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсен пĕр килограмми чĕрĕ виçишĕн—1 тенкĕ те 50 пус; какай тумалли сысмасен пĕр килограмм чĕрĕ виçишĕн—3 тенкĕ те 20 пус, чăхсемпе чĕпсем—5 тенкĕ, кăркксем—6 тенкĕ, кăвакалсемпе хурсем—4 тенкĕ, кроликсем—1 тенкĕ те 20 пус,—государствăна кролик тирĕсем панăшăн тивĕçлĕ хакпа хушса тÿлесçĕ;

б) сĕт—литрăшăн 55 пус, пĕр килограмм усламçушăн—9 тенкĕ тата пĕр килограмм шăратнă çушăн—12 тенкĕ;

в) çăм—1-мĕш класлă пĕр килограмм çинçе çăмшăн 28 тенкĕ те 20 пус (таса çăм 42 процент тухсан), 1-мĕш класлă çинçерех çăм—18 тенкĕ те 40 пус (таса çăм 45 процент тухсан), суркуне каснă шултрарах çăм—13 тенкĕ те 20 пус (таса çăм 52 процент тухсан) тата шултра çăм—9 тенкĕ те 53 пус.

Ростов облаçĕнчи, Ставрополь крайĕнчи тата Киргиз ССР-ĕнчи колхозсем государствăна обязательнăй поставка тăрăх çăм памалли плана тултарнине шутласа кăлармалли хальхи планлă нормăсене—çуса тасатман çăмран таса çăм тухмалли нормăсене—1954 çул валли те улăштармасăрах хăварас.

5. Çакăн пек йĕрке тăвас: ку постановленире кăтартнă ÿстернĕ хаксене 1953 çулта III-мĕшпе IV-мĕш кварталсенче обязательнăй поставка тăрăх государствăна панă аш-какайшăн, сĕтшĕн тата сĕт продукчĕсемшĕн, çав продуктсене хăш вăхăтра государствăна панине пăхмасăр, тÿлесçĕ, çавăн пекех тата çулталăкри обязательствăн 60 процентĕнчен ирттерсе панă мĕнпур йышши çăмшăн ÿстернĕ хаксемпе тÿлесçĕ.

6. Колхозсене обязательнăй поставка тăрăх государствăна лайăх вăхăтра—кĕтÿре çÿретсе тата юри лайăх апат çитерсе самăртнă хыççăн выльăх-чĕрлĕхсем пама май туса парас тесе, 1954 çулта колхозсем государствăна аш-какай (сысна ашĕсĕр пуçне) çулталăкри нормăран процентпа шутласа çак срокенче памалла тăвас: I-мĕш кварталта—20 процент, II-мĕш кварталта—15 процент, III-мĕш кварталта—30 процент тата IV-мĕш кварталта—35 процент.

Казах ССР-ĕн выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен районĕсенче, Дагестан АССР-ĕн сăрт-туллă районĕсенче, Горно-Алтай автономиллĕ облаçĕнче, Якут АССР-ĕнче, Тува автономиллĕ облаçĕнче, Бурят-Монгол АССР-ĕн çурçĕр енчи тата чугун çултан инçетри районĕсенче, Красноярск крайĕнче, Омск, Томск, Тюмень, Иркутск тата Чита облаçĕсенче обязательнăй поставка тăрăх аш-какай çак срокенче памалла тăвас: II-мĕш кварталта 40 процент, III-мĕш кварталта—60 процент.

Обязательнăй поставка тăрăх сысна ашĕ çак срокенче памалла: I-мĕш кварталта—30 процент, II-мĕш кварталта—15 процент, III-мĕш кварталта—15 процент, IV-мĕш кварталта—40 процент.

7. Машина-трактор станцийĕсем тата специализациленĕ станцисем выльăх апачĕ тăвас тĕлĕшпе ĕçленĕшĕн 1953 çултан пуçласа натуроплата шучĕпе аш-какай тата сĕт илмелли ставкăсене çирĕплетес.

МТС-семпе специализациленĕ станцисем ĕççене колхозсемпе тунă договорсенче кăтартнă срокенчен кая юлса пурнăçласан, çав ĕçсемшĕн натуроплата шучĕпе аш-какайпа сĕт памалли ставкăсем 10 процент чакаççĕ.

Çакăн пек йĕрке тăвас: çарансемпе кĕтÿ çÿретмелли вырăнсенче йывăççене кăкланăшăн, тасатса типĕтнĕшĕн, çавăн пекех тата пĕчĕк тухăçлă çарансемпе кĕтÿ çÿремелли вырăнсене сухаланăшăн колхозсем натуроплата шучĕпе аш-какайпа сĕт çав ĕçсене тунă хыççăн иккĕмĕш çулĕнчен пуçласа виçĕ çул хушшинче пĕрпекшер пайăн тÿлесе татаççĕ.

8. Халăха — апат-çимĕç продукчĕсем, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕсене чĕртавар парса тăма государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ытларах та ытларах кирлĕ, çавна май выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли хальхи йĕрке вырăнне—планран ирттерсе парасси тата хаклăрах тÿлесе сутăн илесси вырăнне государство валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутăн илмелли пĕрлĕхлĕ система туса хурас. Государство колхозсенчен выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутăн илессине, ялан пекех, хатĕрлев организацийĕсем колхозсемпе тунă договорсем тăрăх туса пымалла.

Государство валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутăн илмелли çакăн пек йĕркесемпе условисем туса хурас:

а) государство валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутăн илессине çакăн пек йĕтам хаксемпе туса пымалла:

аш-какай—вăтам ÿтлĕ мăйракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсен пĕр килограмми чĕрĕ виçишĕн—4 тенкĕ те 10 пус, какай тумалли сыснасем—7 тенкĕ, килти кайăккĕшĕк ашĕ—8 тенкĕ те 50 пус;

сĕт—пĕр литрăшăн 1 тенкĕ те 20 пус, Мускавпа Ленинград хулисене, çавăн пекех тата Çурçĕр Кавказпа Крымăн Кăнтăр сыранĕнчи курортсене сĕт парса тăракан районсенче—пĕр литрăшăн 1 тенкĕ те 50 пус;

çăмарта—вуннă çăмарташăн 5 тенкĕ;

брынза-сыр, су 40 процент тата ытларах та пулсан, пĕр килограммăшăн 7 тенкĕ.

Колхозсем сутакан тирсемшĕн хатĕрлев хакĕсенчен пĕрре те çурă хут хаклăрах тÿлемелле.

Мускавпа Ленинград хулисене, СССР Министрĕсен Совечĕн çирĕплетнĕ спискри промышленность центрĕсене тата Çурçĕр Кавказпа Крымăн Кăнтăр çыранĕнчи курортсене сĕт парса тăракан районсенче октябрĕн 1-мĕшĕпе майăн 1-мĕшĕ хушшинчи вăхăтра сутнă пĕр литр сĕтшĕн сутăн илмелли хак çумне 20 пус хушса, ытти районсенче—10 пус хушса тÿлемелле.

II-мĕш кварталта сутнă выльăх-чĕрлĕхшĕн тата килти кайăк-кĕшĕкшĕн сутăн илмелли хак çумне çакăн чухлĕ хушса укçа тÿлемелле:

мăйракаллă шултра выльăхсемпе сурăхсен чĕрĕ виçин кашни килограмĕшĕн—1 тенкĕ, сыснасемпе килти кайăксемшĕн—1 тенкĕ те 50 пус;

б) колхозсене вĕсем сутнă аш-какайшăн, сĕтшĕн, выльăх-чĕрлĕх çăвĕшĕн тата çăмарташăн потребительсен кооперацийĕ урлă промышленность таварĕсем—автомашинăсем, çав машинăсен запаслă пайĕсем, автоприцепсем, электромоторсем, йывăç, çурт çине витмелли тата сортлă тимĕр, шифер, пăта, водопровод трубисем, производствăпа хуçалăхра кирлĕ ытти япаласем сутмалла,—колхозсем сутнă продуктсен хакĕн кашни 100 тенки пуçне ваккăн сутмалли хакпа промышленность таварĕсем 100 тенкĕлĕх сутмалла.

Государствăна сутнă сĕтпе выльăх-чĕрлĕх çăвĕшĕн, колхозсем хăйсем килĕшсен, малта кăтартнă промышленность таварĕсем вырăнне—концентрациллĕ выльăх апачĕсем (жмых, хывăх, комбикормсем) ваккăн сутмалли хакпа сутмалла:

Мускавпа Ленинград хулисене, союзлă республикăсен столицисене, облаçсен, крайсен тата республикăсен центрĕсене, Çурçĕр Кавказпа Крымăн Кăнтăр çыранĕнчи курортсене хăймине уйăрман сĕт парса тăракан районсенчи колхозсене вĕсем сутнă кашни литр сĕтшĕн пĕрер килограмм выльăх апачĕ сутмалла;

СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ спискри ытти промышленность центрĕсене хăймине уйăрман сĕт парса тăракан районсенчи колхозсене вĕсем сутнă кашни литр сĕтшĕн 750 грамм выльăх апачĕ сутмалла;

çу тата сыр промышленноçлĕ районсенчи колхозсене вĕсем сутнă кашни литр сĕтшĕн 500 грамм выльăх апачĕ сутмалла.

1953 çулта обязательнăй поставка йĕркипе государствăна. аш-какай, сĕт тата çăмарта памалли çулталăкри обязательствăсене пурнăçланă колхозсемпе уйрăм çынсен хуçалăхĕсене обязательнăй поставкăран ирттерсе панă продукцишĕн çак постановленире государство валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутăн илме кăтартса панă условисем тăрăх тÿлемелле.

Хатĕрлев организацийĕсене маларах кăтартнă продукцишĕн, çавăн пекех тата обязательнăй поставка йĕркипе 1953 çулхи III-мĕшпе IV-мĕш кварталсенчи обязательствăсене пурнăçлама маларах парса хунă продукцишĕн те пĕр уйăх срокран кая юлмасăр тÿлесе татма хушас.

Государствăна сутнă выльăх-чĕрлĕхшĕн колхозсене, вĕсем хăйсем килĕшсен, ытти промышленность таварĕсем вырăнне тир-сăран таварĕсем, чĕн, лаша кÿлмелли таврашсем тата сăран атă-пушмак сутмалла, ку таварсене колхозсем сутнă выльăх-чĕрлĕхсен хакĕн 7 процентĕ чухлĕ сутма юрать.

Колхозсене обязательнăй поставка йĕркипе государствăна тир панă чухне çакăн пек тума ирĕк парас: вак тирсемпе сысна тирĕсем вырăнне—пысăк тирсем, пысăк тирсемпе сысна тирĕсем вырăнне—вак тирсем, пысăк тирсемпе вак тирсем вырăнне—сысна тирĕсем пама юрать,—ун пек чухне миçе тир памаллине тирсем улăштармалли хальхи эквивалентсем тăрăх шутламалла.

Пысăк тирсем е вак тирсем вырăнне сысна тирĕсем панă чухне государствăна памалли пысăк тирсен е вак тирсен 50 процентĕ чухлĕ сысна тирĕсем пама юрать;

в) колхозсем, хатĕрлев организацийĕсемпе тунă договорсем тăрăх, обязательнăй поставка йĕркипе государствăна аш-какай памалли обязательствăсенче кăтартнинчен ытларах государствăна аш-какай парассĕ пулсан, государствăна аш-какай пама колхозсене панă обязательствăсенче кăтартнин 30 процентĕнчен ытларах панă аш-какайшăн сутăн илмелли хак çумне 20 процент хушса тÿлесçĕ.

Колхозсем государствăна обязательнăй поставка йĕркипе памалли обязательствăсенче кăтартнин 50 процентĕнчен ытларах панă сĕтпе çăмарташăн та колхозсене çавăн пекех хушса тÿлемелле.

Колхозсемпе уйрăм çынсен хуçалăхĕсем государствăна сутнă çăмшăн халиччен çăм планран ирттерсе панăшăн тÿлесе тăнă условипе тата йĕркепе тÿлемелле;

г) сутăн илмелли хакпа государствăна аш-какай тата сĕт сутма договорсем тунă колхозсене кашни кварталта аванс йĕркипе укçа памалла, аванс договор тăрăх кварталта сутмалли продуктсен хакĕн 30 процентĕ чухлĕ памалла;

д) колхозсем хатĕрлев организацийĕсемпе тунă договорсем тăрăх выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем çакăн пек чухне сутма пуçтарассĕ: аш-какай—кварталти поставка обязательствăсене пурнăçланă хыççăн, сĕт—уйăхри обязательствăсене пурнăçланă хыççăн, çăмарта, çăм тата чĕрĕ тирсем—обязательствăсене кăтартнă срокра пурнăçланă хыççăн;

е) колхозниксемпе ытти уйрăм сдатчиксене, вĕсем обязательнăй поставкăсене кăтартнă срокра пурнăçланă пулсан, государствăна аш-какай, сĕт, çăмарта тата çăм сутнăшăн, колхозсем валли тунă условисемпех, хуçалăхра тата кашни çынна кирлĕ таварсем сутмалла.

9. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине тата Центросоюзпа пĕрле, çÿлте калани пе килĕшÿллĕ туса, государство енĕпе колхозсенчен аш-какай, сĕт, çăмарта тата çăм сутăн илес пирки—колхозсем çав апатсимĕçсене сутас пирки тумалли типовăй договора çирĕплетме хушас.

10. Государствăн аш-какайпа сĕт сутăн илес ĕçне туса тăма СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине хушас, çăм сутăн илес ĕçе СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви çине, çăмарта сутăн илес ĕçе Центросоюз çине хурас.

СССР Госпланне, СССР Финанс министерствине тата СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине, çÿлте каланипе килĕшÿллĕ туса, государствăн аш-какайпа сĕт сутăн илес тĕлĕшпе ĕçлекен аппаратĕнче миçе çын пулмаллине, штатсене тата ĕç укçи тÿлемелли йĕркене пĕр уйăхлăх срокра çирĕплетме хушас, çавна тунă чухне сĕт илмелли пунктсенче штатра тăмасăр ĕçлесе сĕт пухакансем вырăнне штатра тăракан çынсем уйăрса лартмаллине, апатсимĕç сутăн илес тĕлĕшпе ĕçлекен инспекторсен аппаратне тумаллине тата хатĕрлев аппаратĕнчи работниксен материальнăй интересне ÿстерсе пыма кирлине шута илмелле. Çакна май расходсем ÿсеççĕ, çав расходсене СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствин организацийĕсем потребительсен кооперацине выльăх-чĕрлĕхпе сĕт сутăн илнĕ чухне пулнă расходсене тÿленипе тата выльăх-чĕрлĕхпе сĕт илес хатĕрлес ĕçри усламсем шучĕпе витмелле, çак ĕçе СССР Министрĕсен Совечĕн 1952 çулхи июлĕн 7-мĕшĕнчи 3070-мĕш тата 3071-мĕш номерлĕ постановленийĕсенче кăтартнă пек туса пымалла.

СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине государствăн аш-какайпа сĕт илес ĕçне туса тăма потребительсен кооперацийĕн организацийĕсене контрагент пулмалли йĕркепе хутшăнтарма хушас.

Хатĕрлев организацийĕсемпе колхозсем государство валли выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем илес тата сутас тĕлĕшпе тунă договорсем мĕнле пурнăçланса пынине тĕрĕслесе тăрас ĕçе СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви çине хурас.

11. СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине пĕр уйăхлăх срокра государствăна сĕт сутакан рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсене выльăх апачĕ — утă-улăм тата концентратлă апатсем сутмалли условисем пирки СССР Министрĕсен Советне сĕнÿ тăратма хушас.

12. Пысăк хуласенчи тата промышленность центрĕсенчи халăх валли сĕт тăратакан колхозсенче сĕтлĕ выльăхчĕрлĕх ĕрчетес ĕçе лайăхлатас шутпа, Мускав хули патĕнчи 150 километртан аякра мар районсенчи колхозсене, Ленинград хули патĕнчи 100 километртан аякра мар районсенчи колхозсене, СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ спискенчи ытти хуласемпе промышленность центрĕсем патĕнчи 50 километртан аякра мар районсенчи колхозсене 1953 çултан пуçласа государствăна обязательнăй йĕркепе утă тăратассинчен хăтарас.

13. СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине обязательнăй поставка тăрăх пухăннă тата государство сутăн илнĕ йĕркепе пухăннă сĕте сепаратор витĕр кăларнă хыççăн, суран уйăрнă сĕте (уйрана) çу завочĕсемпе сепаратор уйăрмĕсенчен колхозсене çакăн чухлĕ каялла тавăрса пама хушас:

лайăх ăратлă мăйракаллă шултра выльăхсен фермисем е лайăх ăратлă сысна фермисем пур колхозсене çав сĕте пĕтĕмпех каялла тавăрса памалла, ытти колхозсене çулталăкра вăтам шутпа çав сĕтĕн 70 процентне, пăрусене сĕтпе шăварнă вăхăтра—100 процентĕпех каялла тавăрса памалла.

Сыр (чăкăт) завочĕсем çуран уйăрнă сĕте колхозсене вĕсенчен илнĕ сĕт хисепĕнчен çулталăкра вăтам шутпа 20 процент, пăрусене сĕтпе шăварнă вăхăтра—50 процент каялла тавăрса памалла.

14. Союзживконтора колхозсене ăратлă выльăх царас ĕçре 1954 çултан пуçласа çакăн пек йĕрке тăвас: ăратлă выльăх туянакан колхозсем государствăн хатĕрлев пункчĕсене вăтам ÿтлĕ мăйракаллă шултра выльăхсем, сурăхсем, качакасем тата аш-какай тума юрăхлă сыснасем ăратлă выльăхăн чĕрĕ виçин пĕр килограмĕ пуçне çакăн чухлĕ памалла: элита шутланакан мăйракаллă шултра выльăхсемшĕн, сурăхсемшĕн тата качасемшĕн аш-какай тумалли выльăх, чĕрĕ виçепе,—2 килограмм, пĕрремĕш класс шутланаканĕсемшĕн—1,7 килограмм, иккĕмĕш класс шутланаканĕсемшĕн—1,5 килограмм; элита шутланакан сыснасемшĕн аш-какай тума юрăхлă сыснасем — 2 килограмм, пĕрремĕш класри-семшĕн—1,8 килограмм, иккĕмĕш класрисемшĕн—1,5 килограмм памалла.

Колхозсене Союзживконторăран ăратлă пăрусемпе путексем укçалла, ăратлă выльăхăн хальхи хакĕсемпе туянма та право парас.

СССР Финанс министерствине СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин ăратлă выльăхсем туяннă чухне, вĕсене турттарса çÿренĕ тата колхозсене сутнă чухне тухакан расхочĕсене витме хушас.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствипе пĕрле, пĕр уйăхлăх срокра, СССР Финанс министерствипе килĕштерсе, колхозсене ăратлă выльăхсем аш-какай тума юрăхлă выльăхпа мĕнле улăштарса сутмалли çинчен йĕрке туса хатĕрлеме хушас.

15. 1954 çултан пуçласа чăх-чĕппе хур-кăвакал ĕрчетекен инкубатор станцийĕсенчен колхозсене, колхозниксене тата ытти çынсене чĕпсене çакăн пек йĕркепе сутмалла тăвас: икĕ чăх чĕппишĕн—3 чăх çăмарти, 2 кăвакал е кăркка чĕппишĕн—4 чăх çăмарти, 2 хур чĕппишĕн—5 чăх çăмарти памалла, е çăмарта вырăнне хальхи эквивалентсем тăрăх шутласа аш-какай памалла.

Чăх-чĕппе хур-кăвакал ĕрчетекен инкубатор станцийĕсене государство бюджетĕнчи укçа-тенкĕпе тытса тăмалла тăвас. Чăх-чĕппе хур-кăвакал ĕрчетекен инкубатор станцийĕсене укçа-тенкĕ союзлă республикăсен бюджечĕсенчен парса тăмалла.

Чăх-чĕппе хур-кăвакал ĕрчетекен инкубатор станцийĕсен директорĕсене станцисенче кăларнă чĕпсен пĕтĕм хисепĕнчен 20 процентĕ таран рабочисене, служащисене тата ытти çынсене укçалла, хальхи хаксемпе сутма право парас.

16. Колхозсем, колхозниксем, рабочисем тата служащисем кролик ĕрчетме тата государствăна кролик тирĕ пама ытларах тăрăшчăр тесе, вĕсем панă кролик тирĕшĕн хальхи йĕрке тăрăх укçан тÿлес тата апат-çимĕçпе промышленность таварĕсем парас вырăнне, вĕсем хăйсем ыйтнă тăрăх, пĕрремĕш сорт шутласа йышăннă кашни икĕ тиршĕн е II-мĕшпе III-мĕш сорт шутласа йышăннă виçĕ тиршĕн, вĕсене паракан ыйтнипе, çавăн пек сортлă тата çавăн пысăкăш тир — тунă е сăрланă пĕр тир памалла, государствăн чĕрĕ тирĕн хальхи хакĕпе тунă (сăрланă) тирĕн хальхи хакĕ хушшинчи укçана тир илекенĕн тÿлемелле.

17. Сурăх çăмне илнĕ вырăнтан районти хатĕрлев склачĕсене е станцисемпе пристаньсем патĕнчи çăм йышăнакан пунктсене илсе пынăшăн, çав складсемпе пунктсене кайма 25 километр ытла пулсан, колхозсене укçа тÿлемелле.

Çăм илсе пынăшăн автомобиль транспорчĕпе грузсем турттарнăшăн тÿлемелли пĕр тариф тăрăх тÿлес пулать, çав укçана СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин выльăх-чĕрлĕх чĕртаварĕ тата çăмлă тир хатĕрлес енĕпе ĕçлекен Пĕтĕм Союзри пĕрлешĕвĕн укçа-тенки шучĕпе тÿлемелле.

18. 1954 çулта выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли тата государство енĕпе сутăн илмелли плана çирĕплетес, çакăн чухлĕ продукци хатĕрлемелле тăвас: аш-какай—выльăхсен чĕрĕ виçипе шутласа 4100 пин тонна. сĕт—14300 пин тонна, çăмарта—4290 миллион штук, çăм—230 пин тонна.

Колхозсем государствăна выльăх апачĕ культурăсен тыррисем вырăнне тата аш-какай вырăнне çăм парсан, ăна обязательствăна тултарнин шутне кĕртес тĕлĕшпе СССР Министрĕсен Совечĕн 1951 çулхи июнĕн 25-мĕшĕнчи 2167-мĕш номерлĕ постановленийĕнче тунă йĕркене малалла та хăварас.

19. Аш-какай ресурсĕсене ÿстерес шутпа СССР Госпланне 1954 çулта выльăхсене самăртмашкăн уйăрса пама халиччен палăртнă концентратлă выльăх апачĕсем çумне çĕнĕрен хушса 1000 пин тонна памалла тума хушас, çав шутран: СССР Совхозсен министерствин тата СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин совхозĕсене—300 пин тонна, СССР Апатçимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине унăн выльăхсене самăртмалли хуçалăхĕсем валли 100 пин тонна, колхозсем валли 600 пин тонна уйăрса памалла.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствипе пĕрле, колхозсем валли уйăрнă концентратлă выльăх апачĕсене районсем тăрăх валеçмелле.

Концентратлă выльăх апачĕпе улăштарма государствăна выльăх-чĕрлĕх, чăхчĕппе хур-кăвакал паракан колхозсене тата совхозсене выльăх апачĕ çапла йĕркепе памалла: мăйракаллă шултра выльăхсен тата сурăхсен пĕр центнерĕшĕн, вĕсене чĕрĕ виçепе шутласа,—4 центнер концентратлă апат, сыснан тата чăхчĕппе хур-кăвакалăн пĕр центнерĕшĕн вĕсене чĕрĕ виçепе шутласа,—5,5 центнер.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине çапла тума хушас: аш-какай хатĕрлемелли тата государство енĕпе сутăн илмелли плана, çак Постановленин 18-мĕш пунктĕнче çирĕплетнĕ плана, тултарас шутпа, 1954 çулăн пĕрремĕш çурçуллăхĕнче, выльăхсен чĕрĕ виçипе хисеплесе, 100 пин тоннăран кая мар аш-какай илессине пурнăçламалла; ку аш-какай çак çăлкуççенчен пухăнмалла: тĕпчтырăпа улăштарнинчен; совхозсене концентратлă апатсем çĕнĕрен хушса панинчен, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн системинчи выльăхсене самăртнипе вĕсен виçи хутшăннинчен.

20. Пĕчĕк хуçалăхсем обязательнăй йĕркепе аш-какай, сĕт тата çăмарта памалли нормăсене чакарнă май тата çав апат-çимĕçсене государство енĕпе илмелли пĕр пек йĕрке тунă май, 1953 çулта обязательнăй йĕркепе продуктсем тăратмалли хатĕрлев планне çакăн чухлĕ çирĕплетес: аш-какай — 1787 пин тонна, сĕт—6980 пин тонна, 3757 миллион çăмарта хатĕрлемелле; 1953 çулта государство енĕпе сутăн илсе продуктсем хатĕрлемелли плана, çакăн чухлĕ çирĕплетес: аш-какай—608 пин тонна, çав шутран иккĕмĕш çурçуллăхра—564 пин тонна, сĕт—2440 пин тонна, çав шутран иккĕмĕш çурçуллăхра—2241 пин тонна, 1953 çулăн иккĕмĕш çурçуллăхĕнче 143 миллион çăмарта хатĕрлемелле.

21. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленноçĕн министерствине, Центросоюза, вырăнти парти, совет тата ялхуçалăх органĕсене 1953 çулта обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем тăратмалли тата государство енĕпе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутăн илмелли плансене пĕтĕмпех тултарма мерăсем йышăнма хушас.

22. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине 1954 çулта аш-какай, çăм, сĕт, çăмарта, туман тир хатĕрлемелли тата государство енĕпе вĕсене сутăн илмелли плана облаçсем, крайсем, республикăсем тăрăх палăртас пирки 1953 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне СССР Министрĕсен Советне сĕнÿсем тăратма хушас.

## III.

## Колхозниксен, рабочисе[…]а служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен

1. Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли халиччен пулнă çулталăкри нормăсене чакарса, малалла вĕсем çакăн чухлĕ пулмалла тăвас;

а) аш-какай чĕрĕ виçепе шутласа, колхозник хуçалăхĕнчен çулталăкра 30 килограмм;

б) сĕт — колхозник, рабочи тата служащи хуçалăхĕсенче усракан пĕр ĕнерен: Архангельск, Брянск, Великие Луки, Владимир, Вологда, Воронеж, Горький, Иваново, Калинин, Калуга, Кемерово, Киров, Кострома, Крым, Куйбышев, Курган, Курск, Ленинград, Молотов, Мускав, Новгород, Новосибирск, Омск, Орел, Пенза, Псков, Ростов, Рязань, Саратов, Свердловск, Смоленск, Тамбов, Тула, Тюмень, Ульяновск, Чкалов, Челябинск тата Ярославль облаçĕсенче, Алтай, Краснодар тата Ставрополь крайĕсенче, Пушкăрт АССР-пе Тутар АССР-че çулталăкра 110-шар литр;

Амур, Астрахань, Иркутск, Калининград, Сталинград тата Томск облаçĕсенче, Приморье тата Хабаровск крайĕсенче, Коми АССР, Мари АССР, Мордва АССР, Удмурт АССР тата Чăваш АССР, Украина ССР, Белорус ССР, Казах ССР, Латви ССР, Литва ССР, Молдаван ССР, Карело-Финн ССР тата Эстони ССР-че çулталăкра 100-шер литр;

Узбек ССР, Грузи ССР, Азербайджан ССР, Киргиз ССР, Таджик ССР, Армян ССР тата Туркмен ССР, Грозный облаçĕнче, Кабардин АССР тата Çурçĕр Осетин АССР—çулталăкра 80-шар литр:

Сахалин тата Чита облаçĕсенче, Дагестан АССР, Бурят-Монгол АССР тата Якут АССР, Тува автономиллĕ облаçĕнче—çулталăкра 60-шар литр.

Малтан пăруланă çулне обязательнăй йĕркепе сĕт илмелли норма малтанхи çурçулшăн çурри чухлĕ чакать.

в) колхозник хуçалăхĕнчен çăмарта илмелли норма:

Украина ССР-ĕнчи Винница, Ворошиловград, Днепропетровск, Житомир, Запорожье, Каменец-Подольск, Киев, Кировоград, Николаев, Одесса, Полтава, Сталино, Сумы, Харьков, Херсон тата Чернигов облаçĕсенче, Краснодар тата Ставрополь крайĕсенче, Ростов облаçĕнче, Кабардин АССР-че—çулталăкра 100-шер штук:

Грузи ССР, Азербайджан ССР, Молдаван ССР тата Армян ССР, Алтай крайĕнче, Астрахань, Воронеж, Грозный, Кемерово, Куйбышев, Курган, Курск, Крым, Новосибирск, Омск, Томск, Тюмень, Саратов, Сталинград тата Ульяновск облаçĕсенче, Тутар АССР тата Çурçĕр-Осетин АССР-че—çулталăкра 75-шер штук;

Белорус ССР, Литва ССР, Латви ССР тата Эстони ССР, Украина ССР-чи Волынск, Дрогобыч, Закарпатски, Измаил, Львов, Ровно, Станислав, Тернополь тата Черновицы облаçĕсенче, Брянск, Великие Луки, Владимир, Горький, Иваново, Калинин, Калуга, Киров, Кострома, Мускав, Молотов, Орел, Пенза, Рязань, Смоленск, Свердловск, Тула, Тамбов, Челябинск, Чкалов тата Ярославль облаçĕсенче, Пушкăрт АССР, Дагестан АССР, Мари АССР, Мордва АССР, Удмурт АССР тата Чăваш АССР-че—çулталăкра 50-шар штук;

Узбек ССР, Казах ССР, Киргиз ССР, Таджик ССР тата Туркмен ССР, Амур, Архангельск, Вологда, Иркутск, Калининград, Ленинград, Новгород, Псков, Сахалин тата Чита облаçĕсенче, Красноярск, Приморье тата Хабаровск крайĕсенче, Бурят-Монгол АССР-че — çулталăкра 30-шар штук;

г) çăм — колхозник, рабочи тата служащи хуçалăхĕнчи кашни сурăхран:

Ставрополь крайĕнче, Астрахань, Грозный тата Ростов облаçĕсенче—çулталăкра 1100-шер грамм;

Украина ССР-чи Винница, Ворошиловград, Днепропетровск, Житомир, Запорожье. Каменец-Подольск, Киев, Кировоград, Николаев, Одесса, Полтава, Сталино, Сумы, Харьков, Херсон тата Чернигов облаçĕсенче, Узбек ССР, Туркмен ССР, Краснодар крайĕнче, Крым тата Сталинград облаçĕсенче—çулталăкра 900-шер грамм;

Грузи ССР, Азербайджан ССР, Армян ССР, Саратов тата Чкалов облаçĕсенче—çулталăкра 750-шар грамм;

Алтай тата Красноярск крайĕсенче, Воронеж, Иркутск, Омск, Томск, Ульяновск, Челябинск тата Чита облаçĕсенче, Тутар АССР, Пушкăрт АССР тата Бурят-Монгол АССР-че—çулталăкра 600-шер грамм;

Таджик ССР, Курск, Пенза, Тамбов тата Тюмень облаçĕсенче, Дагестан АССР, Кабардин АССР, Мордва АССР тата Çурçĕр Осетин АССР-че—çулталăкра 500-шер грамм;

Украина ССР-чи Волынск, Дрогобыч, Закарпатски, Измаил, Львов, Ровно, Станислав, Тернополь тата Черновицы облаçĕсенче. Брянск, Калуга, Орел, Рязань, Свердловск, Смоленск тата Тула облаçĕсенче, Мари АССР, Удмурт АССР тата Чăваш АССР-че—çулталăкра 400-шер грамм;

Белорус ССР, Литва ССР, Латви ССР, Эстони ССР, Великие Луки, Владимир, Горький, Иваново, Калининград, Калинин, Киров, Кострома, Молотов, Мускав тата Ярославль облаçĕсенче тата Тува автономиллĕ облаçĕнче—çулталăкра 300-шер грамм;

Карело-Финн ССР, Приморье тата Хабаровск крайĕсенче, Амур, Архангельск, Вологда, Ленинград, Новгород, Псков тата Сахалин облаçĕсенче, Коми АССР тата Якут АССР-че — çулталăкра 200-шер грамм.

Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе аш, сĕт, çăмарта тата çăм памалли çак Постановлени тăрăх йышăннă нормăсене 1953 çулăн иккĕмĕш çурçулĕнчен пуçласа пурнăça кĕртме СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине хушас.

Колхозник килĕсенчен обязательнăй йĕркепе аш, çу, çăмарта тата çăм илмелли нормăсем ку вăхăтчен çак Постановленире кăтартнă нормăсенчен сахалрах пулнă облаçсенче, крайсенче тата республикăсенче вăл нормăсене ĕлĕкхи пекех хăварас.

Колхозник çемйин хăшпĕр членĕсем çак çул колхозра ĕçкунĕсен минимумне пĕр сăлтавсăрах тултарман пулсан, çавăн пек колхозник хуçалăхĕ государствăна аш памалли нормăна 50 процент ÿстермелле.

Ялта тата дачăллă поселоксенче пурăнакан рабочисемпе служащисен, промысла артелĕсен, пулă тытакансен артелĕсен тата инвалидсен коопераци артелĕсен членĕсен хуçалăхĕсем хăйсем усракан выльăхран, вĕсен çĕр участокĕ пулсан, колхозниксем пекех тата вĕсен норми тăрăхах государствăна обязательнăй йĕркепе аш памалла.

1953 çулти июнĕн 15-мĕшĕ тĕлне шута илнĕ тăрăх колхозникăн выльăх пулман пулсан, çавăн пек колхозник хуçалăхĕсене 1953 çулăн иккĕмĕш çурçуллăхĕшĕн аш парасран хăтармалла тата 1954 çулта та государствăна аш парас ĕçе хутшăнтармалла мар.

2. Единоличник хресчен хуçалăхĕсенчен тата пĕччен ĕçлекен кустарьсен хуçалăхĕсенчен государство обязательнăй йĕркепе аш, çу, çăмарта тата çăм илмелли норма ĕлĕкхиех юлать.

3. Колхозник хуçалăхĕсем тата ытти граждансем çĕнĕ нормăран ирттерсе обязательнăй йĕркепе аш, çу, çăмарта тата çăм панине государствăна закуп йĕркипе сутнă продукци вырăнне шутласа çенĕ хакпа тÿлеме хатĕрлев организацисене хушас.

4. 1953 çулхи иккĕмĕш çурçултан пуçласа, колхозник, рабочи, служащи, единоличник тата ытти граждансен хуçалăхĕсене государствăна обязательнăй йĕркепе сурăх тата качака тирĕ парассинчен хăтарас.

1953 çулхи иккĕмĕш çурçултан пуçласа, хулара тата рабочи поселокĕсенче пурăнакан хуçалăхсене государствăна обязательнăй йĕркепе сĕт парассинчен хăтарас.

(Юлашки çитес номерте пулать).

## ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

# Пуçламăш организацисене лайăхрах ертсе пымалла

Иртнĕ кунсенче Канаш районĕнчи парти организацийĕн VII-мĕш конференцийĕ пулса иртрĕ. Конференци райком секретарĕ И. Чернов юлташ КПСС райкомĕн отчетлă тапхăрти ĕçĕсем çинчен тунă докладне итлесе сӳтсе яврĕ.

Докладчик тата тухса каланă делегатсем, районти парти организацин çитĕнĕвĕсене палăртнипе пĕрлех, çитменлĕхĕсене критиклерĕç. Уйрăммăнах вĕсем пуçламăш парторганизацисене тĕреклетмелли çинчен тата вĕсен авторитетне ӳстерме кирли çинчен чарăнса тăчĕç.

Хальхи вăхăтра районти пур колхозсенче те партин пуçламăш организацийĕсем пур. Вĕсенче коммунистсем те сахал мар. Кунсăр пуçне, ВЛКСМ организацийĕсем хăйсем тавра яхти çамрăксен йышлă пайне пĕрлештерсе тăраççĕ. Çак пысăк вăй пĕр тĕллевпе ĕçлеттерсен, парти организацисем хăйсем умĕнче тăракан кирек мĕнле задачăна та ăнăçлă пурнăçлама пултараççĕ. Анчах та парти райкомĕ пуçламăш организацисене хăйсен шалти ĕçне вăйлатма тата активпа тачă çыхăнса ĕçлеме вĕрентсе пыман.

— Пуçламăш организацисем пирĕн партин никĕсĕ пулса тăраççĕ,—терĕ ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕнчи парторганизаци секретарĕ зоотехник Ермолаев юлташ.—Вĕсем хăйсен шалти ĕçне вăйлатса коммунистсен активлăхне ӳстерсе пырсан кăна хуçалăхпа культура строительствинчи задачăсене ăнăçлă пурнăçлама пултараççĕ. Анчах та парти райкомĕ, пуçламăш парторганизацисене тивĕçлипе хакламан пирки, хăйĕн ĕçне вĕсем урлă туса пыман. Пуçламăш парторганизацисен секретарĕсене партилле-политикăлла ĕçе хуçалăх задачисемпе çыхăнтарса тума вĕрентсе выранне, ялхуçалăхне колхоз правленийĕсем урлă ертсе пыма тăрăшнă.

КПСС райкомĕ парти ретне ӳстерес тĕлĕшпе те çителĕксĕр ертсе пынă. Чылай пуçламăш парторганизацисем юлашки вăхăтра колхоз производствинчи малта пыракан колхозниксемпе механизаторсене тата ялхуçалăх специалисчĕсене парти ретне илес енĕпе ĕçлемен.

Ĕçре тĕрĕсленнĕ юлташсене партине кĕме хатĕрлессе, кандидатсене вĕрентессе, порученисем парса вĕсен активлăхне ӳстерме пулăшасси çине райком сахал çаврăнса пăхнă. Çавна пула хăшпĕр юлташсем нумай вăхăт хушши кандидатран парти членне куçаймаççĕ.

КПСС райкомĕ парторганизаци секретарĕсене хăйсен пĕлĕвне ӳстерме, партилле-организацилле ĕçĕн меслетне вĕренме сахал пулăшнă. Уйрăм коммунистсемпе пуçламăш организацисем кăларса тăратакан ыйтусене вăхăтра татса паман.

— Пирĕн колхоз кая юлса пырать,—терĕ Хрущев ячĕпе тăракан колхозри парторганизаци секретарĕ Алексеев юлташ.—Парторганизаци колхоза машинăсем парса пулăшасси çинчен райком умĕнче темиçе хутчен те ыйту лартнă. Анчах райкомра парторганизацисенчен яракан хутсемпе протоколсене вуламаççĕ пулмалла. Пирĕн колхоза ура çине тăма пулăшмаççĕ.

Районти парти организацинче критикăпа самокритика çитменлĕхсене вăхăтра палăртса пĕтерме пулăшакан çивĕч хĕçпăшал пулса тăрайман. Райком пуçламăш организацисенчен килсе тăракан критикăна хака хумасть. Критикăпа самокритикăна анлăн сарса яман пирки пуçламăш парторганизацисем хуçалăхпа культура строительствине тивĕçлипе ертсе пыраймаи. Уйрăммăнах колхозсенчи парторганизацисем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленĕ. Нумай колхозсенче кăçал та ĕнесен йышĕпе тухăçлăхне ӳстерессипе тата вĕсен ăратне лайăхлатасси çителĕксĕр пырать. Çамрăк выльăхсене тĕрĕс-тĕкел пăхса çитĕнтерейменн. Фермăсенчи работниксем тăтăшах улшăнаççĕ. Выльăхсене çитерме апат, хупса усрама ăшă витесем хатĕрлесе çитермен. Фермăсенчи йывăр ĕçсене механизацилесси те çителĕксĕр пырать.

Конференци сӳтсе явнă ыйтупа тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

Конференци хыççăн организацилле пленум пулса иртрĕ. Пленум КПСС райкомĕн пĕрремĕш секретарĕ пулма И. Чернов юлташа, иккĕмĕш секретарĕ пулма А. Соколов юлташа, райком секретарĕ пулма М. Ломкина юлташа суйларĕ тата райком пайĕсен заведующийĕсемпе районти хаçат редакторне çирĕплетрĕ.

П. ЩИПЦОВ,
(Хамăр корр.).

# Ĕçе пĕлсе ертсе пырас вырăнне—вак-тĕвек пулăшу

КПСС Сĕрпӳ райкомĕ районти колхозсен хуçалăхне аталантарас ĕçе ертсе пырассине юлашки вăхăтра чылаях лайăхлатрĕ. Çакă вăл колхозсем ялхуçалăх ĕçĕсене кăçал хăвăртрах туса иртернинче, государствăна тырă памалли задание срокчен пурнăçланинче те лайăх курăнчĕ. Колхозсенче тĕрĕс пусă çаврăнăшне ĕçе кĕртес тĕлĕшпе райкомпа райисполком нумай вăй хучĕç. Нумай çул ӳсекен курăксен çуркунне тата кĕркунне акмалли планне иртерсе тултарнă.

Анчах райкомпа райисполком ялхуçалăхне аталантарас ĕçе конкретлăрах, тĕрĕсрех, пĕлсе ертсе пырсан, колхозсене организацилле хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес ĕçре пысăкрах ӳсĕмсем тума пултарнă.

Райком — политика тĕлĕшĕнчен ертсе пыракан, массăсене коммунизм строительствин задачисене пурнăçлама организацилекен орган. Унăн вăйĕ массăсемпе, активпа тачă çыхăну тытнинче, халăхăн творчествăллă пултарулăхне пуçарса яма тата ӳстерсе пыма пĕлнинче. Райком пĕтĕçтерсе тăракан актив йышĕнче ялхуçалăх специалисчĕсем, колхозсен шултра хуçалăхне аталантарас тĕлĕшри кăткăс та нумай енлĕ ыйтусене тĕрĕс татса пама пулăшакан, политикăлла ĕçе организацилеме пĕлекен коммунистсем пулмалла. Анчах райком хăйĕн активĕн йышне çавăн пек çынсемпе тĕреклетесси çине çаплипех сахал пăхать.

Нумай вăхăт хушши ĕнтĕ райком çакăн пек меслетпе ĕçлени палăрса тăрать: колхозсенче хуçалăх тĕлĕшĕнчи уйрăм ĕçсене хăвăртлатмалла пулсан, район центрĕнче ĕçлекен работниксене пухаççĕ те, вĕсене вара ялсене уполномоченнăй туса яраççĕ.

Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ В. Орлов юлташ—ялхуçалăх институтĕнчен вĕренсе тухнă, ун хыççăн ялхуçалăх органĕсенче нумай вăхăт хушши ĕçленĕ опытлă агроном. Вăл райком членĕ. Кăçал тырпул хатĕрленĕ чухне çак председателе пулăшма райком статистика управленийĕн районти инспекторне М. Осипов юлташа янă. Колхоз хăйне панă задание ăнăçлăн пурнăçларĕ, анчах ку ĕçре Осипов юлташ правление мĕнле те пулин пулăшу пани курăнмарĕ, мĕншĕн тесен вăл ялхуçалăхне аталантарас ыйтусене Орлов юлташ чухлĕ пĕлеймест.

— Пирĕн пата çавнашкал уполномоченнăйсем яни мĕне кирлĕ?—тесе ыйтать Орлов юлташ.—Е эпир вара хамăр ĕçе хамăр тума пĕлместпĕр-и?—Ун пек уполномоченнăйсем пире ĕçлеме çеç чăрмантараççĕ.

Сăмах та çук, райкомăн колхозсене парти, совет тата хуçалăх активĕнчи коммунистсене ямалла. Организацилле тата политикăллă ыйтусене тĕрĕс татса парас ĕçре колхоз правленийĕсемпе пуçламăш парторганизацисене, халĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви ялхуçалăх умне аслă задачăсем тăратнă тапхăрта, пысăк пулăшу кирлĕ. Чылай колхоз председателĕсем тата пуçламăш парторганизацисем çавăн пек конкретлă пулăшăва кĕтеççĕ те. Анчах райком район центрĕнчи уйрăм работниксене ялсене янă чухне вĕсен ĕçри тата политика тĕлĕшĕнчи пахалăхĕпе питех интереслелнсе тăмасть.

Пушара хирĕç кĕрешекен уйрăмăн инспекторне Оньков юлташа Ворошилов ячĕпе тăракан колхоза уполномоченнăй туса янă. Вăл колхозра мĕнсем шыраса çӳренĕ, хатĕрлев пункне асатнă тырă тиеттерне тата ытти вак-тĕвек ĕçсем тунă. Правлени председателĕ Несмелов юлташ, хăй вырăнне уполномоченнăй ĕçленине курса, уй-хир бригадисене пырса та курман. Оньков юлташ колхозра партилле-политикăлла ĕçе мĕнле туса пыни çине çаврăнса та пăхман, мĕншĕн тесен вăл ку ĕç ыйтăвĕсене хăй те пĕлеймест.

Пуçламăш парторганизаци колхоза ертсе пымасть пулсан, массăсене кĕрешĕве организацилес тĕлĕшпе никам та тивĕçлипе ĕçлемест пулсан, колхоза тĕреклетес ыйтăва пĕртен-пĕр уполномоченнăйсен вăйĕпе татса парассине кам ĕненме пултартăр-ха?

Çакă вăл райкома колхозсенчи ертсе пыракан кадрсене тĕреклетес ĕçе татăклăнах лайăхлатма, вĕсене квалификациллĕ пулăшу пама, вырăнсенче ĕç мĕнле пынине тĕплĕн пĕлме хушать.

КПСС Центральнăй Комитечĕ ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă постановлени мĕнпур колхозниксемпе механизаторсен тата ялхуçалăх специалисчĕсен политикăлла активлăхĕпе ĕçри хастарлăхне ӳстерчĕ. Çак историллĕ документа вĕренсе, вĕсем колхозсен обществăлла хуçалăхне тĕреклетмелли, ялхуçалăх культурисен тухăçне, выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ӳстермелли çĕнĕ резервсене тупса палăртаççĕ. Райкомăн задачи вăл—массăсен активлăхне малалла ӳстерсе, Партипе Правительство лартнă задачăсене кĕске вăхăтра пурнăçламалла тăвасси пулать.

А. ОХОТНИКОВ.

*Хаçатсене пăхса тухни*

# Çамрăксен пурнăçне тĕплĕнрех çутатмалла

«ВЛКСМ пĕтĕм государство тата хуçалăх строительствинче партин активлă помощникĕ пулса тăрать,—тесе каланă КПСС Уставĕнче.—Комсомол организацийĕсем социализм строительствин пур участокĕсенче те, уйрăмах партин пуçламăш организацийĕсем çук çĕрте, парти директивисене ĕçре активлăн пурнăçа кĕртсе пыраканĕсем пулмалла».

Парти Уставĕн çак кăтартăвне Буславкка районĕнчи «Ленин ялавĕпе» хаçат редакцийĕ çителĕклĕ шута илмест. Хаçатăн кăçалхи номерĕсенче комсомол пурнăçĕ çинчен, çамрăксене коммунизмла воспитани парас ĕç районта мĕнле пыни çинчен тĕплĕ çырнă пĕр статья та çук. Хаçат сайра хутра кăна çамрăксен ĕçри çитĕнĕвĕсем çинчен 20—30 строкаллă информацисем пичетлекелет.

Хаçат комсомолецсемпе çамрăксене район умĕнче тăракан задачăсене татса пама мобилизацилессишĕн тăрăшни курăнмасть.

Февраль уйăхĕнче хаçатра «Динамо» колхозри комсомолецсемпе çамрăксем районти мĕнпур комсомолецсемпе çамрăксене колхозсем хушшинчи социализмла ăмăртăва анлăн сарса яма чĕнсе каланине пичетленĕччĕ. Анчах, «Ленин ялавĕпе» хаçат çак пахa пуçару çине урăх çаврăнса пăхман пирки, «Динамо» ялхуçалăх артелĕнчи çамрăк ĕçченсем хăйсем çине илнĕ социализмла обязательствăсене мĕнле пурнăçлани, ытти колхозсенчи комсомол организацийĕсем мĕнле ĕçсем туса иртерни çинчен районти çамрăк колхозниксем вуласа кураймарĕç.

Çамрăксем хушшинче социализмла ăмăртăва аталантарса пыма, новаторсен меслечĕсене пропагандăлама, ĕç дисциплинине куллен тĕреклетсе пыма, производствăри çитменлĕхсемпе тимлĕн кĕрешме комсомол организацийĕсене çул кăтартса пырасси—хаçат тивĕçĕ. Анчах районти хаçат хăйĕн çак тивĕçне пурнăçа кĕртсе пыраймасть-ха.

Июлĕн 19-мĕшĕнче тухнă номерте суртсем тăвакан заводри комсомолецсен пухăвĕ çинчен эпир акă мĕн вулатпăр:

«ВЛКСМ-ăн заводри комитечĕ, çавăн пекех цехсенчи комсомол организацийĕсем социализмла ăмăртăва çамрăксене коммунизмла воспитани пама, вĕсен ĕçри активлăхне ӳстерме кирлĕ майсем вырăнне хумаççĕ... Столярнăй, сушильнăй цехсенче тата ОКС-ра çамрăксене социализмла ăмăртăва хутшăнтарас ĕçе ячĕшĕн кăна, коллектив умĕнче тăракан конкретлă задачăсене шута илмесĕр туса пыраççĕ».

Комсомол комитечĕн ĕçри çитменлĕхĕсем çинчен çакăн пек çырнипе кăна хаçатăн лăпланса лармалла пулман, социализмла ăмăртăва хакламаннине пĕтерме пулăшакан статьясене хаçатра тăтăшах пичетлесе пымалла пулнă. Çакна вара хаçатра курма çук.

Хаçатăн апрелĕн 9-мĕшĕнче тухнă номерĕнче «Çамрăксем хушшинчи идеологилле ĕçе сӳлĕ пусăма» ятлă умстатья пичетленĕ. Асăннă статьяра çамрăксен политикăлла вĕренĕвне организацилес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине, «Родина», Молотов ячĕпе тăракан, Энгельс ячĕпе тăракан колхозсенчи комсомолецсемпе çамрăксен политкружокĕсем начар ĕçленине палăртнă.

«ВЛКСМ райком бюровĕ,—тесе çырнă хаçатра,—çамрăксене идейăлла-политикăлла воспитани парас ĕçри пур пек çитменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе мерăсем йышăнман».

Çапла ĕнтĕ, «Ленин ялавĕпе» хаçат редакцийĕнче ĕçлекенсем çамрăксем хушшинче политикăлла-массăлла ĕç япăх пулса пынине пĕлеççĕ, анчах çав ĕçе хакламаннине хирĕç кĕрешме пулăшакан статьясене хаçатăн кăçалхи номерĕсенче курма çук. Майпа июнь уйăхĕсенче комсомолецсен политкулĕсемпе кружокĕсенче итоглă занятисем пулса иртрĕç. Хаçатра çав занятисем çинчен пĕр пĕчĕк информаци кăна пичетленĕ.

«Дружба», Энгельс ячĕпе тăракан, Молотов ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенчи, суртсем тăвакан заводри, промкомбинатри комсомол организацийĕсем хăйсен ĕçне планпа туса пымаççĕ, пухусемпе комитет ларăвĕсене вăхăтра иртермеççĕ.

Малта пыракан çамрăксене комсомол ретне илес ĕçе кунта куллен туса пымаççĕ. Комсомолецсене политикăлла воспитани парас ĕçе çителĕклĕ туса пыман пирки вĕсем хушшинче комсомол дисциплинине пăсакансем те сахал мар. Чылай комсомолецсем член укçине вăхăтра тӳлемеççĕ.

Комсомол организацийĕсен çак пысăк çитменлĕхĕсене пĕтерме хаçатăн куллен пулăшса пымалла. «Ленин ялавĕпе» хаçатăн кăçалхи номерĕсене пăхса тухнă хыççăн çак пулăшăва курма çук-ха.

Район умĕнче тăракан задачăсем çинчен çырнă статьясенче комсомол организацийĕсен тивĕçĕсем пирки нимĕн те асăнмаççĕ. Тырпул пухса кĕртес тата государствăна тырă парас ĕçĕн ăнăçлăхĕ çав ĕçе çамрăк колхозниксемпе механизаторсем мĕнле хутшăнса ĕçленинчен нумай килет. Анчах ялхуçалăх артелĕсемпе МТС-ри çамрăксем çак ответлă тапхăрта мĕнле ĕçлени çинчен хаçатра информаци тупма çук.

ВЛКСМ организацийĕсен комсомолецсемпе çамрăксен анлă йышне марксизмленинизм идейисем тăрăх воспитани парас ĕçе ăнăçлă туса пымалла. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн историллĕ решенийĕсемпе кашни комсомолеца, кашни çамрăка хĕçпăшаллантарса, вĕсене коммунизмăн активлă строителĕсем тумалла. Комсомол организацийĕсем çак задачăна вĕсене парти организацийĕсем ертсе пынипе кăна ăнăçлă татса пама пултараççĕ. Комсомолăн вăйĕ—парти ертсе пынинче. Парти организацийĕсене комсомола ертсе пыма тăтăшах пулăшасси—районти хаçатăн тивĕçĕ.

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине «Русаков концерчĕсем» ятлă çыру килнĕччĕ. Унта Шăхасанти культура çурчĕн художествăлла руководителĕ А. Н. Русаков ĕçсе çӳрени, хăйне шанса панă ĕçе тивĕçлипе туса пыманни çинчен çырнăччĕ. Çак çырăва редакци КПСС Шăхасан райкомне тĕрĕслеме янăччĕ.

КПСС Шăхасан райкомĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулни çинчен пĕлтерчĕ. А. Н. Русакова вырăнтан кăларнă.

Ишлей районĕнчи «Коминтерн» колхозран килнĕ «Комсомолецсен пухăвĕ хăçан пулĕ-ши?» ятлă çырăва «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ ВЛКСМ Ишлей райкомне тĕрĕслеме янăччĕ.

ВЛКСМ райкомĕ çырура кăтартнă фактсем тĕрĕс пулнă тесе пĕлтерчĕ. «Коминтерн» колхозра ВЛКСМ комитечĕ кирлĕ пек ĕçлеменнине кура, комитета çĕнĕрен суйланă. Çакăн хыççăн комсомол пуçламăш организацийĕн ĕçĕ лайăхланнă.

## Заем укçине вăхăтра пухса пĕтерессишĕн

ТАВАЙ. Халăх хуçалăхне аталантармалли заемăн (1953 çулхи кăларăмăн) укçине колхозниксем нумайăшĕ çийĕнчех тӳлесе татрĕç, облигацисем алла илчĕç. Кармал ял Совечĕ (председателĕ Н. Масленников, налог агенчĕ А. Никитин юлташсем) заем укçине чи малтан пухса пĕтерчĕ. Çак ял Советĕнче заем укçи пухса пĕтерме депутатсем, активистсем, заем уполномоченнăйĕсем хытă тăрăшрĕç. Вĕсем халăх хушшинче государство заемĕн пĕлтерĕшĕ çинчен ăнлантарас тĕлĕшпе куллен ĕçлерĕç. Çавăн пекех Сăлпуç, Йăнтăрчă, Тушкил ял Совечĕсенче те заем укçи пухас ĕç лайăхланчĕ.

Анчах, районĕпе илсен, ку ĕç питĕ япăх пулса пырать. Çĕнĕ Пуянкасси, Амалăх, Тăрмăш, Тавай, Мучар, Элыпуç ял Совечĕсем заем укçи пухмалли плана 27—33-шер процент кăна тултарнă. Асăннă ял Совечĕсен заем укçи пухас ĕçе лайăхлатма пур майсем те пур. Çав ял Советсен председателĕсем ку ĕç çине çителĕклĕ пăхаççĕ, заем уполномоченнăйĕсемпе налог агенчĕсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăмаççĕ. Амалăх ял Совет председателĕ Ю. Орлов юлташ виçĕ уйăх хушшинче уполномоченнăйсен ĕçне пĕрре те тĕрĕслемен. Енĕш Нăрваш ял Советĕнче вара 6 уполномоченнăй хăйсем çырăннă заем укçине те пĕр пус та тӳлемен. Ял Совет председателĕ М. Павлов юлташ вĕсемпе килĕшсе ларать. Кунта заем укçи пухас ĕçе активистсем хутшăнмаççĕ.

Хальхи вăхăтра агитаторсем партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти пленумĕн постановленийĕ, Государство бюджечĕ, ялхуçалăх налогĕн çĕнĕ законĕ çинчен ĕççыннисене ăнлантарса памалла, çапла майпа ĕççыннисене государство умĕнчи укçа-тенкĕ парăмĕсене тӳлесе татма мобилизацилемелле. Анчах хăшпĕр агитколлективсенче çакна тумаççĕ-ха.

А. НИКОЛАЕВ.

*Редакцие килнĕ çыру*

## Суту-илӳ йĕркине пăсаççĕ

Ишлей районĕнчи Хыркасси ялĕнчи магазина панулми кӳрсе килчĕç. Ешĕксене уçсан, кашнинчех икшер-виçшер килограмм панулми çĕрсе кайни палăрчĕ. Магазин заведующийĕ А. Кононова юлташ панулми илекенсене кашни килограмм пуçне пĕрер çĕрнĕ панулми хурса парать. Ун пек тума юраманни çинчен асăрхаттарсан, Кононова юлташ çынсене кирлĕ мар сăмахсемпе ятласа тăкать.

— Кун пек тума мана ялпо правленийĕнчен хушрĕç. Çĕрнĕ панулмие манăн ăçта кайса хумалла-ха?—тет вăл.

Ялпо правленийĕн председателĕ Поликарпов юлташ эпĕ ун пек кăтарту паман, тет. Çав вăхăтрах совет суту-илĕвĕн йĕркине пăсакан пирки мера йышăнма шутламасть.

Кононова юлташ магазинта нумаях ĕçлемест-ха. Ялпо правленийĕн çамрăк работницăна совет суту-илӳ йĕркисем çинчен ăнлантарса памалла.

Н. АНДРЕЕВ.

## Дыня ӳстернĕ

ВĂРМАР. «Победа» колхоз пахчинче ĕçлекенсем кăçал пысăк тухăçлă дыня туса илчĕç.

Колхозниксем çитес çул дыня лартмалли çĕр лаптăкне тата пысăклатма хатĕрленеççĕ.

И. МАТВЕЕВ.

# Грамматикăлла категорисем çинчен

Тăван чĕлхене тĕплĕн пĕлесси вăл кашни культурăллă çыншăн кирлĕ ĕç пулса тăрать.

Паллах, кашни çын хăй тĕллĕн чĕлхе ыйтăвĕсене татса пама пултараймасть, ку ĕçре пирĕн чĕлхе тĕпчевçисем пысăк вырăн йышăнмалла.

Пирĕн чăваш чĕлхинче тавлашуллă, ку таранччен наука тĕлĕшпе татса паман ыйтусем чылай,

Ку таранччен чăваш чĕлхинче 10 пуплев пайĕ шутланса тănă.

Кăçал май уйăхĕнче Мускавра чĕлхе ыйтăвĕсемпе пулса иртнĕ Пĕтĕм Союзри канашлура тюркла чĕлхесенче еврлев сăмахĕсене уйрăм пуплев пайĕ тесе пăхма йышăннăччĕ. Савăнпа эпир те килĕшесшĕн: еврлев сăмахĕсем чăваш чĕлхинче питĕ нумай, вĕсем хăшпĕр чухне вĕçленме те пултараççĕ, предложенире тĕп членсемпе кĕçĕн членсем те пулаççĕ.

— Кăт-кăт-кăтик (подл.), Марукăм,
Сан пата çитсе тăтăм, (Е. Афанасьев).
Вăрман çăра, пит тискер!
Унăн ăшĕ чăв та чав (сказ.)!
(К. Иванов, «Нарспи»).
Пытăм, çитрĕм хăй çĕре—
Тăпăрт! (обст.) сикрĕ шух чĕре.
(С. Элкер).
Уч-чуч-чу! (дополн.) сиктерет тепри,
Ашшĕ пек, тет, парка пултăр-и!
(Ст. Шавлы).

Çак тĕслĕхсем тăрăх еврлев сăмахĕсем предложенире пур член те пулма пултарнине куртăмăр. Савăнпа еврлев сăмахĕсене уйрăм пуплев пайĕ тесе пăхнипе [illegible] Çавăн пекех чăваш чĕлхинче хăйсен тĕрăмлă сăмахсем çинчен сăмах хускатман. Вĕсем пирĕн чĕлхере сахал мар тĕл пулаççĕ. Вĕсен шутне «шел», «хатĕр», «тивĕç», «кирлĕ», «пур», «çук», «юрать» т. ыт. сăмахсем те кĕреççĕ. Тулли пĕлтерĕшлĕ сăмахсем пирки вĕсене модальнăй сăмахсен ушкăнне те кĕртме май çук. Кунта çакна асăрхаттарас пулать: «хатĕр», «тивĕç» сăмахсене ялала ячĕ пулса тăракан омонимсемпе хутăнтарма кирлĕ мар. Ку сăмахсем. «пур», «çук» сăмахсемсĕр пуçне, падежсем тăрăх улшăнмаççĕ, анчах наречи те пулмаççĕ. Вĕсен синтаксисла функцийĕ — сказуемăй пуласси.

Тĕслĕхсем: Старике пурăнма шел (сказ.). Эпир вĕренме яланах хатĕр. (сказ.). Паттăр мухтава тивĕç (сказ).

Çакă çутă тĕнчере
Вăйли çук та (сказ.) этемрен...
(К. Иванов).

П. Яжейкин хăйĕн «Чăваш чĕлхин грамматикинчи хăшпĕр тавлашуллă ыйтусем пирки» статьинче «пур», «çук» сăмахсене татăксем тесе çирĕплетсе калать. Ку шухăшпаниепле те килĕшме май çук: татăксем предложенире уйрăм член пулма пултараймаççĕ, уйрăм пĕлтерĕшлĕ сăмахсем те пулмаççĕ.

«Пур», «çук»—кашни уйрăм пĕлтерĕшлĕ сăмахсем, вĕсем ялала ячĕ пек вĕçленеççĕ, предложенире тĕп членсем те, кĕçĕн членсем те пулма пултараççĕ. Ку сăмахсем ялала ячĕсене çывăх тăраççĕ, анчах та ялала ячĕсен шутне кĕртме май çук: вĕсем ялалан пĕлтерĕшне тӳррĕн кăтартса памаççĕ, пуррипе çуккине çеç палăртса тăваççĕ.

Малалла: сӳтсе явас ĕçре падежсем пирки питĕ хĕрӳ тавлашу пырать. Кунта çакна калама кирлĕ: А. Иванов чăваш чĕлхинче 8 падеж пулмалли çинчен калать, хăшпĕрисем малтанхи падежсенех хăвараççĕ е тĕллев падежне çеç йышăнасшăн тавлашаççĕ.

Паруна тăву падежĕсене пĕр падеж тесе пăхассине хирĕç Уганцев, Яжейкин учительсем çине тăрсах калаççĕ.

Пирĕн шутпа, падежсене пăхнă чух чи малтанах вĕсен морфологилле, унтан синтаксисла функцийĕсене пĕлни кирлĕ.

Морфологилле уйрăмлăхсене пăхсан, пирĕн чăваш чĕлхинче çакăн пек падежсем пулмалла: тĕп падеж, камăнлăх, ĕçлев (пару-тăву), пĕрлелĕх, вырăн, туху, çуклă тата пĕлтерӳ (пирле е тĕллев) падежĕсем. Çак падежсенче тăракан сăмахсен хăйсен ыйтăвĕсем, хăйсен уйрăм аффиксĕсем пур. Эпир кашни падеж çинче уйрăмах чарăнса тăмастпăр, ку тĕлĕшĕнчен А. Ивановăн шухăшĕпе килĕшетпĕр. Сĕнĕрен кĕртме пăхнă падежсем çинчен кĕскен те пулин калаc хăварасшăн.

Ĕçлев падежĕ, е тепĕр тĕрлĕ пару-тăву падежĕ, мĕне те пулин тунине, тивнине, панине кăтартать, унăн ыйтăвĕсем: кама? мĕне? ăçта? Ку падежри ялала ячĕсем -а, -е, -на, -не аффиксем хушăннипе пулаççĕ. Юлташа (ĕçлев п.) эпĕ кĕнеке патăм. Колхозниксем вăтă йывăççене (ĕçлев п.) касаççĕ. Хăшпĕрисем пару-тăву падежĕ тенипе килĕшменшĕн эпир ăна «ĕçлев» терминпа каласшăн: вăл ĕçĕн тăвăмĕпе çыхăннă.

Çуклă падеж сăмах тĕпĕ çумне -сăр (-сĕр) морфема хушăннипе пулать, ыйтăвĕсем: камсăр? мĕнсĕр? Çуклă падеж ялала çуккине палăртса тăвать.

Тĕслĕх: Пĕлӳ вĕренӳсĕр пулмасть. Ку участока тракторсăр сухалама йывăр.

Пĕлтерӳ падежĕ ялала мĕнле тĕллевпе пиркере пулнине кăтартать, калакан ун çинчен пĕлтерсе хăварать.

Пĕлтерӳ падежĕн ыйтăвĕсем: камшăн? мĕншĕн? Аффиксĕ -шăн (-шĕн). Çак падежри сăмах предложенире дополнени пулать. Тĕслĕхсем: Совет халăхĕ çирĕп миршĕн, халăхсем хушшинчи туслăхшăн, телейлĕ пурнăçшăн çине тăрса кĕрешет.

Пĕр Сотнершĕн тăктартăн
Асу-аннӳн шур сӳсне. (К. Иванов).

Чăннипех те, çак сӳлте асăннă кашни падеж хăйне уйрăм ыйтупа, аффикспа тата пĕлтерĕшпе палăрса тăрать, вĕсене пĕр-пĕринчен уйăрса илме те ансат.

Хăшпĕрисем вĕсене падеж ытлашши хушăннишĕн кăртесшĕн мар. Кун пек туни тĕрĕс пулмасть, эпир хамăр чĕлхери явленисене, грамматикăлла категорисене тĕплĕн вĕренессинчен пăрăнса тăнине пĕлтермест-ши вăл?

Унпа пĕрлех тата çакна та асăрхаттармалла. Чăваш чĕлхине ĕçлекен хăшпĕр учительсем, çавăн пекех дискуссие хутшăннă С. Уганцев, П. Яжейкин юлташсем те, пуплев пайĕсене уйăрса илес çĕрти морфологилле паллăсене мар, синтаксисра мĕнле член пулнине мала хураççĕ. Çапла вара грамматикăна тишкерес ĕçе пĕтĕмĕшпех синтаксис çинче никĕслеççĕ. Ку вăл марризмран паянхи куна та тасалса пĕтменнине кăтартать. Ку вăл падежсем çине пăхнă чухне те, çавăн пекех «кĕмĕл çĕрĕ», «ылтăн сăлтăр», «пăхăр укçа» йышши сăмах сыхăнăвĕсенче «кĕмĕл», «ылтăн», «пăхăр» ялала ячĕсене çине тăрсах паллă ячĕсем шутне кĕртме пикеннĕ чухне те палăрать.

Çак сăмахсем предложенире определени пулнă пиркех эпир вĕсене паллă ячĕ шутне кĕртме пултараймастпăр: вĕсем паллă ятне кăтартакан нимĕнле морфемăсем те йышăнман, йышăнас палли те çук, çавăнпа та пĕр иккĕленмесĕрех ялала ячĕ пулаççĕ.

Малалла хисеп ячĕсене пăхнă чухне чăваш чĕлхинче -шĕ, -сĕмĕр, -сĕр, аффиксем хушăнса пулнă хисепсене уйăрма кирлĕ, вĕсене пĕтĕçтерӳ хисепĕсем теме пулать.

Тĕслĕх: иккĕшĕ, виççĕшĕ, тăваттăшĕ, пиллĕкĕшĕ, иксĕмĕр, виççĕмĕр, тăватсăр, пилĕксĕр т. ыт. те.

Пĕтĕçтерӳ хисепĕсем вĕçленме те, предложенире тĕп членсемпе кĕçĕн членсем пулма та пултараççĕ. Иккĕшĕ (подл.) вĕренеççĕ, виççĕшĕ (подл.) ĕçлеççĕ, тăваттăшне (доп.) канма янă.

Глагол категорийĕсем çинчен калан чухне глагол вăхăчĕсем, залогĕсем, вичĕсем çинчен чарăнмасăр иртме çук.

Н. И. Ашмарин профессор хăйĕн «Чăваш чĕлхине тĕпчесе вĕренмелли материалсем» ятлă ĕçĕнче малтан пулса иртнĕ вăхăт (давнопрошедшее или предпрошедшее время) çинчен каланăччĕ. Анчах ун хыççăнхи ытти тĕпчевçĕсем глагол çинче тĕплĕн чарăнса тăман пирки çак вăхăта пачах манăçа хăварнă. Ку вăхăт глагол тĕпĕ çумне -са (-се) аффикс хушăннипе пулать; уйрăм, пĕр хутчен, малтанах пулса иртнине кăтартать, калакани вăл ĕçе хăех тунă е курнă. Сăпатланасса пурлă формăра кăна сăпатланать: Эпĕ çырсаттăм, пĕлсеттĕм; эпир çырсаттăмăр, пĕлсеттĕмĕр т. ыт. те.

Залогсен категорийĕ пирки те Н. И. Ашмаринăн çак кĕнекинчех куратпăр. Унта вăл чăваш глаголĕсен виçĕ залог пурри çинчен çырать: таврăну (возвратный), хире-хирĕç (взаимный), тутарттару (понудительный), çавăн пекех Н. К. Дмитриевпа С. П. Горский çырнă «Чăваш чĕлхин кĕске грамматика очеркĕ» ятлă статьяра та çак залогсем пурри çинчен асăнса хăварнă. Анчах паян куна та пирĕн чĕлхеçĕсем залогсем çинчен çырса панă ĕçсем çук тата учебниксенче те вĕсем çинчен асăнни пулман-ха.

Таврăну залогĕ—ĕç тăвакан патне каялла çаврăнса çитнине кăтартать: унăн аффиксĕсем: -ан (-ĕн), -н, -ăл (-ĕл), -л: çавăн, витĕн, çитĕн, перĕн, çурăл, касăл, чăсăл, хуçăл, çĕтĕл, сирĕл, çĕмĕрĕл.

Хире-хирĕç залогĕ—ĕç икĕ калаçакан хушшинче е ĕçе тăвакан ушкăнсем хушшинче хире-хирĕç пулса иртет; унăн аффиксĕсем: -ăш -ĕш) -ш, -ăç (-ĕç), ç: тĕвĕш, тупăш, кĕреш, килĕш, паллаш, сывпуллаш, ыталаш, калаç, пĕтĕç, явăç, тапăç.

Тутарттару (хистев) залогĕ—ĕçе калакан е калакана тепри (объект) ирĕкпе е ирĕксĕр туртарттарать; аффиксĕсем: -тар (-тер), -ттар (-ттер), -ар (ер), т: пăхтар, пĕлтер, калаттар, ĕçлеттер, куçар, ӳкер, вĕрент, вăркăт, ларт.

Çавăн пекех чăваш чĕлхинче вид категорийĕ çинчен нимĕнле татăклă ыйту та ку таранччен пулман. Н. К. Дмитриев, тюркла чĕлхесен паллă ученăйĕ, хăйĕн «Пушкăрт» чĕлхин грамматики» кĕнекинче пушкăрт чĕлхинче вид категорийĕ пулнине кăтартса парать.

Эпир те чăваш чĕлхинче виçĕ тĕслĕ вид пурри çинчен паллă тăвасшăн: пуçламăш, тăсăмлă тата вĕçленнĕ видсем.

Паллах, видсене пăхас çĕрте вырăс чĕлхин пĕлтерĕшĕпе мар, чăваш чĕлхин хăйĕн расна уйрăмлăхне шута илнĕ. Пирĕн чĕлхери глаголăн вичĕсем пуласси вăл пулăшу глаголĕ глаголăн вăхăчĕсенчен килет.

Пулăшу глаголĕсем хушăннипе çавăн пек виç вид пулать: пуçламăш, тăсăмлă, вĕçленнĕ.

Пуçламăш вид ĕç пуçланса кайнине кăтартать, ăна тăвакан пулăшу глаголĕсем: пуçла, тытăн, тыт. Писатель повесть çырма пуçларĕ, тытăнчĕ.

Тăсăмлă вид ĕç нумай вăхăт хушши пулса пынине, тăсăмлине, темиçе хут пулнине кăтартать, унăн пулăшу глаголĕсем: пыр, пурăн, çӳре, вĕрен, иртер, лар, тăр: Юлташ çулпа утса пырать. Вĕренекен кĕнеке вуласа ларать.

Вĕçленнĕ вид ĕç вĕçленнине, часах пĕтнине кăтартса парать; пулăшу глаголĕсем: çит, çитер, тух, пĕтер, кăлар, яр, юл: Эпĕ финиша чи малтан чупса çитрĕм. Сурхи шывсем юхса пĕтрĕç. Çав юрăсем ĕмĕрлĕхех асра тăрса юлчĕç (Кибек). Темиçе тупă харăс персе ячĕ (Л. Агаков).

Глаголсен инфинитивĕпе çителĕксĕр глагол çинчен чарăнса тăма кĕске статьяра май та çук. Анчах та çакна каласа хăварма кирлĕ. Ку таранччен те грамматика кĕнекисенче çителĕксĕр глаголпа инфинитив çинчен кĕскен асăнни те çук. Çак çитменлĕхе малашне шута илме кирлĕ тесе шутламалла.

Дискуссире хыççăмахсем пирки сăмах хускатнă май С. Уганцев шухăшĕпе килĕшес килмет. Чăннипех те, стабильнăй учебникра «урлă, витĕр, таран, тавра, пирки, валли» хыççăмахсен умĕнчи сăмах ят падежĕнче пулать» тесе каланă. Паллах, ку тĕрĕс мар. Хыççăмах е вырăс чĕлхинчи предлог нихçан та ят падежĕнче пулма пултараймасть. Пирĕн шутпа, «урлă, витĕр, тавра» хыççăмахсем умĕнчи сăмах камăнлăх падежĕнче пулать (кунта ялала ячĕ кĕске формăра пулать). «Таран, пирки, валли» хыççăмахсем ялала ятне пару падежне лартаççĕ. Тĕслĕх: Эпĕ юлташ (пару п.) валли кĕнеке илтĕм.

Юлашкинчен çакна калама кирлĕ. Чăваш чĕлхине кăларнă стабильнăй учебниксенче грамматика правилисене çирĕплетме панă тĕслĕхсем сахал, хăшпĕр хăнăхтарусем вĕрентӳ ĕçне тивĕçсĕр. Учебникра схемăсем, таблицăсем, ӳкерчĕксем сукпа пĕрех. Ку вăл учебник пахалăхне нумай чакарать, методикăлла пысăк çитменлĕх пулать.

С. ЮШКОВ,
Педагогика наукисен кандидачĕ.

# Рабочи класăн тĕнчери пĕрлĕхĕ ÿссе пырать

*(„Всемирное профсоюзное движение" журналăн страницисем тăрăх)*

Капитализмла тата колониаллă мĕнпур çĕршывсенче ĕççыннисем хăйсен интересĕсемпе прависемшĕн кĕрешĕве вăйлатса пыраççĕ. Рабочисен юхăмĕ тата наци ирĕклĕхĕшĕн пыракан юхăм хăватлăн вăйланнă вăхăтрах ĕççыннисен кĕрешÿри пĕрлĕхĕ пĕрмаях çирĕпленет. Влаçсем хыçран йĕрлеççĕ, террор алхасать, империалистсемпе вĕсен агенчĕсем профсоюзсен юхăмне аркатса храссишĕн тĕрлĕ хирĕçле ĕçсем тăваççĕ. Çапла пулин те политика тĕлĕшĕнчен тĕрлĕ шухăшлакан рабочисемпе служащисем пĕр фронта тăрса хăйсен экономикăлла интересĕсене хÿтĕлеççĕ.

Ĕççыннисен пĕрлĕхне çирĕплетес тĕлĕшпе Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ (ВФП) ĕçлет. Федераци хăйĕн ретĕсенче 56 çĕршыври 80 миллион ытла ĕççыннине пĕрлештерсе тăрать. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ пролетарилле интернационализм ялавĕ айĕнче пырса, тĕнчери рабочи класăн пĕрлĕхне тăвассишĕн кĕрешес ĕçе яланах хăйĕн тĕп тивĕçĕ вырăнне хунă, вăл ĕççыннисене яланах пĕрлĕхлĕ пулса кĕрешме чĕннĕ.

## 1. Ĕççыннисен пурнăç интересĕсене хÿтĕлеме

Ĕççыннисен политикăлла ăнланăвĕ тата кĕрешÿри пĕрлĕхĕ ÿссе пынине вĕсем çĕнĕрен тăвакан массăллă выступленисем лайăх çирĕплетсе параççĕ. Çакăн çинчен Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ кăларакан «Всемирное профсоюзное движение» ятлă журнал калаça парать. Капитализмла çĕршывсенчи ĕççыннисен пурнăç интересĕсемпе прависене сыхлас тĕлĕшпе рабочи класс пĕрлĕхлĕ пулса кĕрешни çинчен журнал хăйĕн страницисенче нумай тĕслĕхсем илсе кăтартать.

Францире юлашки вăхăтра рабочисем, хăйсен чи кирлĕ ыйтăвĕсене хÿтĕлес тесе тата правительствăн репрессилле ĕçĕсене хирĕç тăрса, нумай хутчен ĕçлеме пăрахнă, пиншер забастовкăсем туса ирттернĕ. Автомобильсем тăвакан «Рено» заводри забастовка уйрăмах вăйлă иртнĕ. Унти забастовкăна тĕрлĕ профсоюзсенче тăракан 37 пин рабочи хутшăннă. Çак ĕçсем çинчен журналăн июльте тухнă номерĕнче çырнăччĕ. Август уйăхĕнче çав событисенчен питĕ пысăк пĕтĕмĕшле забастовка пулса кайнă. Вăл забастовкăна хутшăннă ĕççыннисен хисепĕ 4 миллионран та иртнĕ. Францири нихçанхинчен те вăйларах çак забастовкăлла кĕрешÿ вăл влаçра тăракан ушкăнсем ĕççыннисен пурнăç прависене ытларах хĕстерме хăтланнине хирĕç тăни пулнă.

Рабочи класăн стачкисене Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕрекен Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕ ертсе пырать. Конфедераци, рабочисен кĕрешÿри пĕрлĕхне аялтан вăйлатса, профсоюзсен пĕрлĕхне çĕмĕрме хăтланакан лидерсене парăнмасăр, империалистсен выçлăхпа суклăх кÿрекен политикине хирĕç кĕрешет. Çавăнпа та конфедераци массăсем умĕнче питĕ пысăк авторитет çĕнсе илнĕ, Францири рабочи класăн экономикăлла тата социальнăй пурнăçне лайăхлатассишĕн пыракан кĕрешĕвне ертсе пыракан чăн-чăн пысăк вăй пулса тăнă.

Италире ĕççыннисен социальнăй тата экономикăлла прависемшĕн, демократилле ирĕклĕхшĕн пыракан кĕрешÿре тĕрлĕ профессипе пурăнакан мĕнпур çынсем, çав шутра ялхуçалăхĕнче ĕçлекен икĕ миллион рабочи, пĕтĕссе тăраççĕ. Кăçал Италире чугун çул çинче ĕçлекенсен, металлургсен, ялхуçалăхĕнчи рабочисен пĕтĕмĕшле забастовкисем пулса иртнĕ. Правительство суйлав системин «реформине» тунине хирĕç пĕтĕм çĕршывра питĕ вăйлă забастовка 24 сехет хушши ирттернĕ. Ку стачка халăх массисен политикăлла ăнланăвне тата сÿлерех çĕкленĕ, парламент суйлавне ирттернĕ чухне çĕнĕрен кăларнă суйлав законне путлантарса лартма пулăшнă. Италири ĕççыннисен кĕрешĕвне пилĕк миллион çынтан тăракан профсоюз организацийĕ—Пĕтĕм Италири ĕçлев конфедерацийĕ ертсе пырать. Ку конфедераци те Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕрет.

Японире забастовкăсем нихçанхинчен те ытларах вăйланнă. 1952 çулта пĕтĕмĕшле забастовкăсем пилĕк хутчен пулса иртнĕ. Июлĕн 20-мĕшĕнче пулнă пĕр забастовкăна кăна 4,5 миллион çын хутшăннă. Японири шахтерсен 65 куна пынă забастовки уйрăмах вăйлă иртнĕ. Пăлханакан шахтерсемпе пĕр шухăшлă пулса, забастовкăна пурĕ 5 миллион ĕççынни хутшăннă.

Японири забастовкăлла юхăм экономикăлла тĕллев кăна тытмасть. Забастовкăсен ирттерме чарасси çинчен калакан фашистла закон проектне хирĕç протестлесе, кăçалхи июль уйăхĕнче рабочисемпе служащисем пурĕ 3 миллион çын ытла забастовка тунă. Японири профсоюзсен Генеральнăй совечĕ чĕнсе каланипе июнĕн 29-мĕшĕнче пĕтĕм çĕршывра демонстрацисем пулса иртнĕ. Вăл демонстрацисене Америкăна Япони хушшинче тунă «хăрушсăрлăх пакчĕ» текен килĕшĕве хирĕç ирттернĕ. Демонстрацисене 1,5 миллион çын ытла хутшăннă.

Хăшпĕр çĕршывсенчи профсоюз организацийĕсем, хăйсен членĕсем ытларăш пулин те, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмен-ха. Çав профсоюзсене ертсе пыракансем ĕçлевпе капитал «пĕрпĕрине килĕштерсе тăрасси» çинчен калакан политикăна, рабочи класăн ют политикăна тытса пыраççĕ. Забастовкăла юхăм çавăн пек çĕршывсенче те ÿссе пырать. Сăмахран, США-ра рабочисене хирĕçле тен тĕрлĕ законсем кăларса тухтарă пулин те, ĕççыннисем час-часах массăллă забастовкăсем тăваççĕ, вĕсем хăйсен прависене сыхласа хăварассишĕн кĕрешеççĕ. Унта 1953 çулхи пĕррремĕш кварталта кăна 1.300 забастовка пулса иртнĕ. Çав забастовкăсене 550 пин рабочи хутшăннă.

Англире юлашки вăхăтра забастовкăсем, вăрçăччен хыпне тапраштарсан, çулсеренех 3—4 хут ытларах пулса иртеççĕ. Хĕвеланăç Германире ĕççыннисен пурнăç условийĕсене начарлатнине хирĕç, вĕсен прависене хÿтĕлессишĕн, пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, мирпе юрататакан демократиллĕ Германи туса хурассишĕн пыракан кĕрешÿ вăйланса пырать. Бельгире, Финляндире тата ытти çĕршывсенче те стачкăлла кĕрешÿ пырать.

Колонисенче тата пăхăнса тăракан çĕршывсенче те ĕççыннисен кĕрешÿ пултарулăхĕ ÿссе пырать, пĕрлĕхĕ вăйланать. Кăна Инди, Индонези, Пакистан çĕршывĕсенчи тата Цейлонри ĕççыннисем хăйсен интересĕсемшĕн пĕр шухăшлă пулса кĕрешни те лайăх ĕнентерсе парать. Стачкăлла юхăм Латинла Америкăра та вăйланса пырать. Сан-Паулори (Бразили) 300 пин ĕççынни пĕр шухăшлă пулса забастовка ирттернĕ, ĕç укçине ÿстерттернĕ. Гватемалăри тата Уругвайри ĕççыннисем Америка империалисчĕсем вăрттăн усал ĕçсем тунине хирĕç хастарлăн кĕрешеççĕ. Сывăх тата Вăтам Хĕвелтухăçри çĕршывсенче — Иранра, Египетра, Ливанра, Африкăри çĕршывсенче—Тунисра, Алжирта, Кенире, Родезире тата ыттисенче те ĕççыннисем чухăнлăхпа империализм пусмăрне хирĕç пыракан кĕрешÿре пĕрлĕхе çирĕплетсе пыраççĕ.

## 2. Наци ирĕклĕхĕшĕн тата миршĕн

Рабочи класăн социальнăй тата экономикăлла ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн пыракан кĕрешĕвне нацин никама пăхăнманлăхĕшĕн тата миршĕн пыракан кĕрешĕвĕнчен уйăрма май çук. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ, тĕнчери мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисен ĕмĕтне тивĕçтерсе, халăхсен миршĕн пыракан юхăмне вăйлатма хастарлăн пулăшса пырать. Çав федерацин Уставĕнче çапла кăтартса панă: «Вăрçа хирĕç тата вăрçă кăларакан сăлтавсене хирĕç кĕрешесси, нумай вăхăтлăха пыракан çирĕп мир тăвасси» Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн тĕп задачисенчен пĕри пулса тăрать, тенĕ. Сăмахран, 1949 çулхи октябрьте мире хÿтĕлес тĕлĕшпе пĕтĕм тĕнчипе ирттернĕ пĕррремĕш куна Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕ пуçарнипе ирттерни пурне те паллă.

Пĕтĕм тĕнчери Мир Советне туса хурăннă Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ миршĕн тăракансен лагерьне тĕреклетессишĕн тăрăшса ĕçлет. Мире хÿтĕлес тĕлĕшпе Венăра пулса иртнĕ конгресс йышăннă решенисемпе сĕнÿсене пурнăçласа, Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ тĕнчери мĕнпур ĕççыннисене тата профсоюзсене çакăн пек тума чĕнсе каларĕ: вĕсен пилĕк аслă держава хушшинче Мир Пакчĕ тăвас тĕллевпе калаçусем ирттерме требовани лартмалла, халĕ пыракан вăрçăсене чарса лартма, Германипе Япони ыйтăвĕсене мирлĕ майпа татса пама, васкаса хĕçпăшалланассине чарма, мĕнпур çĕршывсем хушшинче пĕр-пĕриншĕн усăллă суту-илĕве вăйлатса пыма, тĕрлĕ системăллă государствăсене пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнма май туса парас тĕлĕшпе калаçусем ирттерме ыйтмалла. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ тĕнчери ĕççыннисене, халичченхи пекех колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи ирĕклĕхшĕн кĕрешекен халăхсене пулăшса пыма чĕнет. Федераци уйрăмах Корейăри вăрçа чарса лартас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем турĕ. Корейăра перемири туни çакна лайăх çирĕплетсе парать: халăхсем правительствăсене тĕнчери хирĕçÿсене мирлĕ майпа йĕркелесе пыма хистеме тата тĕнчери мĕнпур тавлашуллă ыйтусене калаçусем ирттернипе татса пама хистеме пултараççĕ.

Организациленнĕ ĕççыннисен чылай пысăкрах пайĕ калаçусем ирттернипе килĕшÿ тăвасси вăйпа усă курса хăратнинчен çиеле тухасса хальхи вăхăтра çирĕп ĕненсе тăрать. Тĕнчери миршĕн тăракансен юхăмĕнчен мĕн юлашки вăхăтченех пăрăнса тăнă профсоюз членĕсем те халĕ ĕнтĕ çав юхăма хутшăнаççĕ.

Çапла, США-ра автомобиль тата авиаци промышленноçĕнче ĕçлекенсен съездĕнче малтанхи хут çакăн пек резолюци йышăннă. «Эпир,—тенĕ резолюцире, — тĕнчери халăхи вăхăтри йывăрлăха сирсе яма икĕ май пуррине йышăнатпăр. Эпир çак проблемăна калаçусем ирттернипе татса пама май тупаймасан, вăхăт çитсен вара çав ыйтăва ирĕксĕрех хĕçпăшалпа татса пама тивĕ. Хĕçпăшалпа усă курни питĕ хурлăхлă ĕçсем патне илсе пырĕ. Ун çинчен шутлама та хăрушă. Эпир çакна пĕлсех тăратпăр». Электричествăпа радио тата машиностроени промышленноçĕнче ĕçлекенсен пĕрлешÿллĕ профсоюзĕнче, сĕрт-ту тата тимĕр шăратакан промышленноçра ĕçлекенсен профсоюзĕнче тăракан рабочисем тата ыттисем те çавнах калаççĕ.

Капитализмла тата колониллĕ çĕршывсенчи ĕççыннисем хăйсен ыйтăвĕсемпе прависемшĕн, ирĕклĕхпе миршĕн пĕрлешсе кĕрешес тĕлĕшпе çĕнтерÿсем тураç. Çав çĕнтерÿсем аслă Совет Союзĕ ертсе пыракан мирпе демократи тата социализм лагерĕнчи рабочи класăн чаплă çитĕнĕвĕсемпе сыхăнса тăраççĕ. Социализм лагерьне кĕрекен çĕршывсенчи профсоюзсем хăйсен çĕршывĕсенчи ĕççыннисем тата капитал влаçĕн пусмăрĕ айĕнче пурăнакан тăвансем хушшинчи туслăха çирĕплетсе пыраççĕ. Пролетарилле интернационализм шухăшĕсем тĕнчери миллионшар ĕççыннисен чĕрине тарăн кĕрсе вырнаççĕ.

## 3. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕ умĕн

1953 çулхи октябрĕн 10-мĕшĕнче 21-мĕшĕ хушшинче Венăра Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери конгресĕ пулса иртмелле. Çак конгресс пĕтĕм тĕнчери рабочи класăн пĕрлĕхне çирĕплетес тата активлăхне ÿстерес тĕлĕшпе пысăк вырăн йышăнса тăмалла. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ конгресс пухасси çинчен чĕнсе каланинче ĕççыннисен интересĕсемпе прависем, тĕллевĕсемпе шанăçĕсем пĕрлĕхлĕ пулни çинчен каланă. «Эпир хамăрăн кĕрешÿре çĕнтерÿ тума ĕмĕтленетпĕр пулсан,—тенĕ чĕнсе каланинче,—пирĕн хамăрăн тĕллевсемпе интересĕсен пĕрлĕхĕнчен килĕшÿ пĕрлĕхĕ туса хумалла. Ĕççыннисем пĕрлĕхлĕ пулнă çĕрте яланах çĕнтерÿ пулать».

Латинла Америкăри ĕççыннисен конфедерацийĕн IV-мĕш съезчĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресне пулăшма решени йышăннă. Ку конфедераци çавăн пекех Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕрекен тата унăн ретĕнче тăман мĕнпур профсоюз организацийĕсене конгресăн тĕллевĕсемпе задачисем çинчен сÿтсе явас ĕçе хутшăнма чĕннĕ, конгреса кайма Латинла Америкăри тĕрлĕ çĕршывсенчи ĕççыннисен, делегацийĕсене суйлассине демократиллĕ никĕс çинче ирттерме чĕнсе каланă.

Июньре Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн 29-мĕш съезчĕ пулса иртнĕ. Унта 2.740 делегат пулнă. Съездра конфедерацин икĕ генеральнăй секретарĕ пулайман: Ален Ле Леап тĕрмере пулнă пирки тата Бенуа Фрашон полици йĕрлененĕ пирки съезда пыраймаи. Анчах вĕсем иккĕшĕ те съезд ĕçне хутшăнма май тупнă. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн ĕçĕсем çинчен Ален Ле Леап хатĕрленĕ доклада конфедераци секретарĕ Жюль Дюша вуласа панă. Пĕтĕм Францири ĕçлев конфедерацийĕн ĕçĕсем çинчен Бенуа Фрашон хатĕрленĕ доклада съезд трибуни çинчен Гастон Монмуссо вуласа панă. Съезд Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери виççĕмĕш конгресне ăнăçлă ирттермелле тăвас тĕлĕшпе мĕнпур вăя хурса ĕçлеме йышăннă.

Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ яланах профсоюзсен юхăмне темиçе ушкăна пайласа ярассине хирĕç пулнă, ĕççыннисен пĕрлĕхлĕ кĕрешĕвĕшĕн тăнă. 1953 çулхи май уйăхĕн вĕçĕнче çак федераци «Ирĕклĕ профсоюзсен тĕнчери конфедерацийĕ» текенскерне виççĕмĕш хут чĕнсе каланă. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕ пĕтĕм тĕнчери мир тума пулăшакан кирек мĕнле пуçарăва та пăхса тухма, çавăн пекех ĕççыннисен пурнăçĕнчи экономикăлла тата социальнăй ыйтусене хÿтĕлес тĕлĕшпе икĕ организацин представителĕсене пĕр-пĕринпе тĕл пулма сĕнÿ панă. Анчах та «Ирĕклĕ профсоюзсен тĕнчери конфедерацийĕн» раскольникла лидерĕсем тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн сырăвĕ çине çак вăхăтченех ответ паман.

Австрири, Бельгири, Англири, Хĕвеланăç Германири, Австралири, Японири тата ытти çĕршывсенчи профсоюзсен нациллĕ центрĕсенчен нумайăшĕ Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацине кĕмен. Апла пулин те унти профсоюз пухăвĕсемпе конференцийĕсенче, тĕнчери çав сÿлте асăннă профсоюз организацийĕсене пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлеттермелле тăвас пирки чĕнсе каласа, резолюцисем йышăнаççĕ. Ĕççыннисен пĕрлĕхлĕ пулас, халăхсем хушшинче мирпе туслăх тăвас кăмăлĕ халĕ нихçанхинчен те ытларах палăрса пырать. Çакна, сăмахран, Японири государство чугун çулĕ çинче ĕçлекен рабочисен Нациллĕ федерацийĕ, 400 пин члена пĕрлештерсе тăраканскер, «Ирĕклĕ профсоюзсен тĕнчери конфедерацийĕнчен» тухма решени йышăнни те лайăх кăтартса парать. Ку конфедераци Америка империалисчĕсен çĕнĕрен хĕçпăшалланмалли тата вăрçа хатĕрленмелли политикине уççăнах ырлать. Японири государство чугун çулĕ çинче ĕçлекен рабочисен нациллĕ федерацийĕ çав сăлтавпа конфедерациран тухни çинчен пĕлтернĕ.

Ĕççыннисем профсоюзсен раскольникла лидерĕсене сивлеççĕ, вĕсем хирĕç тăнине пăхмасăрах кĕрешÿ пĕрлĕхне туса хурассишĕн тăрăшаççĕ. Журналта Австрири Матцлейнсдорф чугун çул деповĕнче ĕçлекен, партире тăман Фрöнвальд каласа панине пичетленĕ. «Халĕ эпир,—тет вăл,—пĕрлехи платформăна мĕнле майпа тупасси çинчен калаçатпăр. Ман шутăмпа, вăл тахçанах пур: пирĕн, ĕççыннисен, пурин те кĕçсесенче укçа нихçан та ытлашши пулмасть, эпир ыранхи кун пирки мĕн пулассине те пĕлместпĕр. Ман шутпа, пирĕн хамăр хуçасемпе тавлашма сăлтавсем ыйтмалла та мар. Ĕçри юлташпа калаçас пулать. Вăл мана ăнланать, мĕншĕн тесен унăн хуйхи-суйхи манăнни пекех».

Ĕççыннисен кĕрешĕвĕ мĕнпур çĕршывсенче кулленех хăватлăн вăйланса пырать. Ĕççыннисен пĕрлĕхĕ çирĕпленет. Профсоюзсен пĕтĕм тĕнчери федерацийĕн халăхсен аслă пассисем хушшинчи витĕмĕ ÿссе пырать.

# Китай Халăх республикине туса хунăранпа тăвата çул тултарнă ятпа чĕнсе каланисем

ПЕКИН, сентябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Китайра тухакан хаçатсем Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа Халăхăн политикăлла консультаци совечĕн Пĕтĕм Китайри комитечĕ чĕнсе каланисене пичетлесе кăларнă. Чĕнÿсенче Китай Халăх Республикине туса хунăранпа тăватă çул тултарнă ятпа сывлăх сунса, мирпе демократишĕн кĕрешекен мĕнпур халăхсене саламласа çырнă.

Аслă совет халăхĕ ячĕпе чĕнÿсенче çапла каланă: «Çĕнтерÿллĕн коммунизм тăвакан аслă совет халăхне салам!», «Сывă пултăр Совет Союзĕ—пирĕн строительствăшăн ырă тĕслĕх пулса тăракан çĕршыв, пĕтĕм тĕнчери мирĕн хăватлă тĕрекĕ!», «Совет Союзне пирĕн çĕршыва экономика строительстви енĕпе аслă, нумай енлĕ, нумай вăхăта, ырă кăмăлпа паракан пулăшушăн тав тăватпăр!», «Китайпа Совет Союзĕнчи халăхсем хушшинчи аслă туслăх—мире хÿтĕлемелли хăватлă шанăç!», «Сывă пултăр Китайпа Совет Союзĕ хушшинчи туслă союз»! «Çĕнтерÿллĕн социализм тăвакан мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи халăхсене салам!», «Китайпа мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсем хушшинче кунтан-кун çирĕпленсе пыракан туслă çыхăну сывă пултăр!».

Комитет Корея халăхне Америка агрессорĕсене хирĕç кĕрешсе аслă çĕнтерÿ тунă ятпа саламлать, çĕршыв экономикине юсаса аталантарас ĕçре, Корейăна мирлĕ майпа пĕрлештерес ĕçре çĕнĕ çĕнтерÿсем тума ырă сунать.

Комитет çавăн пекех империалистла агрессие хирĕç паттăр кĕрешекен Вьетнам халăхне, Америка оккупацине хирĕç кĕрешекен Япони халăхне, пĕрлĕхлĕ, никама пăхăнман, демократиллĕ, мирлĕ пурнăçа юратакан Германишĕн кĕрешекен Германи халăхне, колонисенчи тата пăхăнса тăракан çĕршывсенчи хăйсен нациллĕ никама пăхăнманлăхĕпе ирĕклĕхĕшĕн кĕрешекен халăхсене саламлать.

Комитет Китай халăхне революциллĕ законлăха тĕреклетме, сыхăлăха вăйлатма, контрреволюциллĕ элементсен сăтăрла ĕçĕсене хаяррăн пĕтерсе лартма, государство экономика строительствин интересĕсене сыхласа тăма чĕнет.

Комитет çĕршыври мĕнпур рабочисене продукци ытларах туса кăларассишĕн, перекетлĕхшĕн ăмăртăва вăйлатса пыма, ĕç дисциплинине çирĕплетме, малта пыракансен ĕç меслечĕсене вĕренсе ĕçе кĕртсе пыма чĕнет. Комитет хресченсене ялхуçалăх производствине вăйлатса пыма, пĕрпĕрне пулăшакан ĕçлĕх ушкăнĕсене тата производствăлла кооперативсене пĕрлешме, ялхуçалăх агротехникине лайăхлатма чĕнет.

Комитет суту-илÿ предприятийĕсенче, наука, культура тата искусство организацийĕсенче ĕçлекенсем умне конкретлă задачăсем кăларса тăратать.

# Румынири предприятисенче перекетлĕхшĕн кĕрешеççĕ

БУХАРЕСТ, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Румынири заводсемпе фабрикăсенче, транспортра чĕртаварпа топливăна перекетлессишĕн кĕрешÿ вăйланса пырать. Кăçал Решицкинчи металлурги комбиначĕнчи нумай рабочисем кашни мĕн чухлĕ перекетленине шута илсе пыраççĕ. Комбинат коллективĕ кăçалхи çичĕ уйăх хушшинче кивĕ инструментсене юсаса, усă курма пуçланипе кăна 1.700 пин лей укçа перекетленĕ.

Плоешти хулинчи нефть оборудованийĕ тăвакан завод коллективĕ кăçал 8 миллион лей укçа перекетленĕ. Орадя хулинчи «Солидарitатя» атă-пушмак фабрикин коллективĕ кăçал сăран нумай перекетленĕ. Перекетленĕ сăранран 13.300 мăшăр атă-пушмак çĕлесе кăларма пулать.

# Демократиллĕ Германи Республикинче шпионсен бандине пĕтерни

БЕРЛИН, сентябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви çапла пĕлтернĕ: Хĕвеланăç Берлинра, «производствăлла гигиена институчĕ» текен ятпа витĕнсе, Америкăн вăрттăн служби ертсе пыракан тата укçа парса тăракан шпионла вăрттăн служба организацийĕ ĕçлесе тăрать. Çак шпионла центр пуçĕнче Гитлер çарĕнче генерал пулнă Деринг (вăлах Фламменберг) тăрать. Унăн заместителĕ тата çак организацин Хĕвеланăç Берлинри филиалĕн руководителĕ полици полковникĕ пулнă Бокельберг (вăлах Гартман) пулса тăрать. Çак центра фашистла офицерсем пулнă çынсем ертсе пыраççĕ.

Америкăн вăрттăн служби çак шпионла организацие Демократиллĕ Германи Республикин территорийĕнче разведка организацийĕсем туса хума, хăйсем пухнă агентсенчен висшер сынтан тăракан ушкăнсем туса хума, вĕсене радиопередатчиксем пама, вĕсемпе радио тăрăх çыхăну тытма, Америка влаçĕсем валли информаци пухма хушнă.

Çак тĕллевпе, тенĕ пĕлтерÿре, 1952 çултах, фашистла тата реакциллĕ ытти элементсене пухса, Демократиллĕ Германи Республикин территорийĕнче агентура пункчĕсем туса хунă, висшер çынтан тăракан ушкăнсем организациленĕ. Агентура пункчĕсен радиопередатчиксем пулнă. Вĕсем пĕр-пĕринпе çыхăну тытнă, вăрçа хатĕрленес тĕллевпе разведка материалĕсем пухнă.

Пĕлтерÿре каланă тăрăх, çак шпионла организацин Демократиллĕ Германи Республикин тĕрлĕ районĕсенче ĕçлесе тăнă агентура пункчĕсене Демократиллĕ Германи Республикин государство хăрушсăрлăхĕн статс-секретариачĕн органĕсем пĕтерне. Çак çынсене арестленĕ:

Феодора фон Штейнмец — помещик пулнă, 1945 çултан пуçласа Англи çар часĕсенче ĕçлесе тăнă хĕрарăм; Армин Цопф—1931 çултан пуçласа 1945 çула çитиччен национал-социалистсен партийĕн членĕнче тăнă, СС çарĕсен шарфюрерĕ пулнă, концентрационнăй лагерьте надзиратель пулса ĕçленĕ; Рудольф Зейферт—1930 çултан пуçласа 1945 çула çитиччен национал-социалистсен партийĕн членĕнче тăнă, СА çарĕсенче ĕçленĕ.

Америкăра туса хатĕрленĕ радиопередатчиксене нумай конфискацилене. Арестленĕ çынсене суда панă.

# Ултă çĕршыв представителĕсен Римри канашлăвĕ

НЬЮ-ЙОРК, сентябрĕн 24-мĕшĕ. (ТАСС). «Нью-Йорк таймс» хаçатăн Римри корреспонденчĕ çапла пĕлтерет: «Европăри политикăлла пĕрлешÿ» статутне туса хатĕрлеме пухăннă ултă çĕршывăн ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен заместителĕсен канашлăвĕ французсем Европăна «пĕрлештермелли» план çине сиввĕн пăхнă пирки «ытла та кичем» лару-тăрура уçăлнă. Корреспондент пĕлтернĕ тăрăх, канашлу ĕçне Бидо официальнăй мар йĕркепе хутшăнать, мĕншĕн тесен Франци кабинечĕ çак ыйту тăрăх хăйĕн мĕнле политика тытмалли çинчен каласса тăтăлайман.

# США Цейлонăн шалти ĕçĕсене хутшăнать

ДЕЛИ, сентябрĕн 23-мĕшĕ. (ТАСС). Цейлонра тухса тăракан «Навасакти» хаçат «США Цейлон премьер-министрне Сенанайякене вырăнтан кăларма хăтланни çинчен тата çак вырăна хăйĕн агентне Джейуордена лартма тăрăшни» çинчен пĕлтерет. Хаçат çырнă тăрăх, хальхи финанс министрĕ Джейуорден Цейлонра Америка политикине тытса пырассишĕн активлă кĕрешет. Хаçат çавăн пекех Джейуорден американецсем ертсе пыракан террористла организацие хутшăнса ĕçлени çинчен çырать.

# Тĕнчери шахмат турнирĕнче

ЦЮРИХ, сентябрĕн 25-мĕшĕ. (ТАСС). Тĕнче чемпионĕпе Михаил Ботвинникпа тĕл пулса выляма тивĕçлĕ пулассишĕн пыракан шахмат турнирĕнче ĕнер тепĕр вăхăта хăварнă партисене выляна. Геллерпа Аргентина гроссмейстерĕ Нейдорф хушшинчи вăйăра, Совет гроссмейстерĕ тĕрĕс выляса тата хăйĕн лайăх позицийĕпе пĕлсе усă курса, çĕнтерÿ тунă. Эйве Штальбергран выляса илнĕ. Авербах Котова выляса янă, Болеславскипе Авербах хушшинчи вăйă никам çĕнтерейменнипе вĕçленнĕ. Решевскипе Бронштейн выляса пĕтермесĕр юлнă партие выляман.

14 вăйă хыççăн турнирта малта пыракансен вырăнĕсем акă мĕнле: Смысловăн—9 очко, Решевскин—8 тата тепĕр партие выляса пĕтермесĕр хăварнă, анчах уншăн выляса илес шанчăк сахал, Нейдорфăн—7,5, Болеславскин, Петросянпа Эйвен 7-шер очко, Бронштейнăн—6,5 очко тата тепĕр партие выляса пĕтермесĕр хăварнă, унăн çĕнтерÿ тума май пур.

Паян турнирта канмалли кун. Сентябрĕн 26-мĕшĕнче пĕррремĕш пайри юлашки вăйă—15-мĕш вăйă пулать.

# Вăрманти поселок

Улатăр районĕнчи Соловьевски поселок Улатăртан виçĕ километрта, питĕ илемлĕ вырăнта вырнаçнă. Поселок çумĕпе юханшыв иртет. Поселокран инçех те мар Сăр шывĕ юхса выртать.

Çак поселок вырăнĕнче икĕ хура пÿрт кăна пулнă. 1930 çулта вăрманта ĕçлекен рабочисем валли барак, столовăй тата ларек туса лартнă. Çакăн хыççăн Соловьевски поселок çултан-çул хăвăрт ÿссе пыма пуçланă. 1934 çулта гараж туса лартнă. Çав çулах машинăсемпе вăрман турттармалли çул тунă. Çапла вара кунта вăрман промышленноçĕ хăвăрт аталанса пыма пуçланă. 1935 çулта поселокра шпал çурса хатĕрлекен завод ĕçе кĕнĕ.

Халĕ çак поселок сăн-сăпачĕ тĕпренех çĕнелчĕ. Кивĕ бараксемпе çуртсем вырăнне, çĕнĕ илемлĕ çуртсем ÿссе ларчĕç.

Поселокри учрежденисемпе предприятисенче 350 çын ытла ĕçлет. Кунта уйрăм рабочисем 40 ытла пÿрт лартнă. Иртнĕ 1952 çулта пысăк больница, çичĕ çул вĕренмелли шкул, вăрманпромхоз кантурĕ туса пĕтерне. Кунсăр пуçне, радиоузел, клуб, вулав сурчĕ, магазин, пекарня, столовăй, пысăк мунча туса лартнă. Поселокри кашни пÿртпе бараксене электричествăпа радио кĕртнĕ.

Мĕн тери илемленсе, аслăланса кайрĕ халĕ Соловьевски поселок! Аслă урампа йывăç тиенĕ машинăсем ирте-ирте каяççĕ. Вĕсем Сăр шывĕ хĕррине шпалсем, пĕренесем турттараççĕ. Турттарса хатĕрленĕ шпалсемпе йывăçсене Сăр шывĕ тăрăх Улатăра, унтан ытти вырăнсене ăсатаççĕ.

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви пулăшнипе пирĕн çĕршывра кашни ял, поселок, хула сăн-сăпачĕ çĕнелсе ушăнать. Çакна эпир хамăр поселок пурнăçĕнчен те авантах куратпăр. Поселокри çынсен пурнăçĕ кулленех лайăхланса пырать

П. ПАВЛОВ.

# Канаш районĕнче

★ **Выльăх апачĕ тума ыраш акрĕç.** Районти нумай колхозсем выльăх-чĕрлĕх валли симĕс апат нумайрах хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Килес çул симĕсле çулса выльăхсене çитерме Киров ячĕпе тăракан колхоз—22 гектар, Шверник ячĕпе тăракан колхоз—20 гектар, «Канаш» колхоз—15 гектар, «Аниш» колхоз—23 гектар, «Коммунар» колхоз—12 гектар ыраш акса хăварчĕç.

★ **Вулакансен йышĕ ÿсет.** Янмакассинчи клуб библиотекинче кĕнеке фончĕ çулсерен ÿссе пырать. Хальхи вăхăтра библиотекăра виçĕ пин кĕнеке ытла шутланать. Вулакансен йышĕ те нумайланса пырать. Кăçал библиотекăран кĕнеке илсе вулакансен шучĕ 210 çынна çитрĕ.

Библиотекăра книгоношăсем ĕçлеççĕ. Вĕсем вулакансем патне кĕнекесене килсе илсе пыраççĕ, вуласа тухнă хыççăн вĕсене çĕнĕ кĕнекесем улăштарса параççĕ.

★ **Колхозри улмуççи питомникĕ.** Йăлмаччари Куйбышев ячĕпе тăракан колхозăн 21 гектар çинче сад пахчи ешĕрет. Садра улмуççи, чей çырли, крыжовник, хурлăхан йывăççисем нумай.

Колхозăн улмуççи питомникĕ пур. Унта 18 пин тĕп тĕрлĕ сортлă çамрăк улмуççисем ÿсеççĕ. Колхоз кăçал çамрăк улмуççисем сутма тытăнать.

★ **Çĕнĕ клуб.** Тури Юнтапари «Канаш» колхозра кăçал 450 çын вырнаçмалăх çĕнĕ клуб туса лартрĕç. Унта çак кунсенчех спектакльсем лартма, кино кăтартма тата докладсемпе лекцисем ирттерме тытăнаççĕ. Клуб çумĕнче библиотека ĕçлеме пуçлать.

★ **Суйлавçăсен наказĕсене пурнăçласа.** Вырăнти Советсен иртнĕ суйлавĕнче Асхва ял Советĕнчи ĕççыннисем çулсенче кĕперсем юсама, çĕнĕ çăлсемпе пĕвесем тума нумай наказсемпе сĕнÿсем парса хăварчĕç. Кăçал ял хушшинче икĕ пысăк кĕпере тĕпрен юсарĕç. Çаксемпе пĕрлех ял хушшине тĕрлĕрен йывăççем нумай лартнă, çĕнĕ пĕвесем тунă.

★ **Сĕт-кантăртан пысăк тупăш.** Районти нумай колхозсем государствăна сĕт-кантăр парса пысăк тупăш илеççĕ. Иртнĕ çуркунне государствăна паха сĕт хатĕрлесе парса Киров ячĕпе тăракан колхоз 43 пин тенкĕ, «Красная Армия» колхоз—41 пин тенкĕ, Сталин ячĕпе тăракан колхоз—11 пин тенкĕ ытла тупăш илчĕç.

Асăннă колхозсем кăçал кантăр иртнĕ çулхисенчен нумайрах акса ÿстерчĕç. Халĕ кантăра татса тирпейлеççĕ, государствăна сĕт-кантăр пама хатĕрленеççĕ.

# Вкладсем ÿссе пыраççĕ

ЕТĔРНЕ. Совет çыннисен пурнăçĕ лайăхланса пынă май перекет кассисенчи вкладсем ÿссе пыраççĕ. Районти перекет кассисенче ĕççыннисем хунă вкладсем кăçалхи çул 1 миллион тенкĕ ÿсрĕ.

Государство заемĕсем тăрăх кăçал районта выляв укçи 485 пин тенкĕ тÿленĕ.

И. ПЕТРОВ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-59, обзорсен пайĕ—6-24, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01480 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.